*Пĕтĕм тĕнчери пролетарисем, пĕрлешĕр!*

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

КПСС Чăваш обкомĕпе Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн тата Министрсен Совечĕн органĕ

Орган Чувашского обкома КПСС, Верховного Совета и Совета Министров Чувашской АССР

№ 15 (20148) • Кĕçнерникун, 1990 çулхи январĕн 18-мĕшĕ • Хаçат 1918 çулхи февральтенпе тухать • Хакĕ 3 пус

## КПСС обкомĕнче

КПСС обкомĕн бюровĕ хăйĕн черетлĕ ларăвĕнче партин Çĕрпӳ райкомĕ РСФСР, Чăваш АССР тата вырăнти Советсен халăх депутачĕсен суйлавне хатĕрленес ĕçе политика тĕлĕшĕнчен мĕнле ертсе пынине сӳтсе явнă. Çакна палăртнă: КПСС райкомĕ партин районти организацийĕн хальхи тапхăрти ĕçĕсен программине йышăннă, ăна халăха пĕлтернĕ, коммунистсен пысăк пайне суйлав умĕнхи ĕçе тӳрремĕнех хутшăнтарнă. 500 депутат мандачĕ вырăнне 701 кандидата регистрациленĕ.

Çакăнпа пĕрлех КПСС райкомĕ, хăшпĕр пуçламăш парторганизацисем суйлав умĕнхи кампание ертсе пымалли кивĕ меслетсенчен вăрах хăтăлса пыраççĕ. Суйлав комиссийĕсене йĕркелесси, вĕсене ĕçлеме кирлĕ условисем туса парасси çине кирлĕ пек тимлĕхпе пăхман, вĕсенчен нумайăшĕ хăйсене панă полномочисемпе туллин усă курмаççĕ. Советсене мĕнпур сийĕсемпе социаллă ушкăнсен представителĕсене тăратассишĕн çителĕксĕр тăрăшнă. Халăх депутачĕсене суйлама тăратнă кандидатсем хушшинче рабочисем сахал, хĕрарăмсем, çамрăксем, уйрăмах ВЛКСМ членĕсем питĕ çителĕксĕр. Район Советне суйлас тĕлĕшпе ĕçлекен кашни пилĕк округра, ял Советне суйлас тĕлĕшпе ĕçлекен кашни тăваттăмĕш округра çеç альтернативлă кандидатурăсем пур.

Хăшпĕр агитколлективсене йĕркелесси çине çиелтен пăхнă, вĕсен вĕренĕвне йĕркелемен. «Пĕлӳ» обществăн агитаторĕсемпе лекторĕсем, тĕрĕссипе илсен, ĕçе тытăнман та. Халиччене суйлавçăсен хăшпĕр клубĕсемпе агитпункчĕсене йĕркене кĕртмен, выльăх-чĕрлĕх пăхакансемпе механизаторсен çурчĕсенче суйлавçăсен кĕтесĕсем çук. Курăнакан агитаци чухăн.

КПСС райкомĕ, пуçламăш парти организацийĕсем социаллă пурнăçпа экономикăн сивĕч ыйтăвĕсене вăхăтра татса парассишĕн, рабочисен, уйрăмах выльăх-чĕрлĕх пăхакансемпе механизаторсен ĕçпе йăла тата кану условийĕсене туса хурассишĕн совет тата хуçалăх органĕсен коммунист-руководительсенчен кирлĕ пек ыйтмаççĕ. Ялхуçалăх производствинче иртнĕ çул хăрушсăрлăх техникин правилисене пăснине пула 50 çын сусăрланнă, çав шутра иккĕшĕ вилнĕ. «Сывлăх», «Тимлĕх» программăсене пурнăçа кĕртес тĕлĕшпе тĕллевлĕ ĕçлемеççĕ. Уйкасри участок больници, вунна яхăн фельдшер пункчĕ, кивелнĕ çуртсенче вырнаçнă, врачсем çитмеççĕ, Суту-илӳ тата халăха кирлĕ йăла пулăшăвĕ паракан системăра пысăк çитменлĕхсем пур. Чылай магазинсемпе комплекслă йышăну пункчĕсем çак ĕç валли юрăхлă мар çуртсенче вырнаçнă, пилĕк магазина хĕлле хутса ăшăтмаççĕ. Ĕçпе обществăлла дисциплина хавшани, ĕçкĕпе иртĕхесси сарăлни, право йĕркине пăсасси ӳссе пыни халăха хытах шухăшлаттарать.

КПСС обкомĕн бюровĕ КПСС Çĕрпӳ райкомĕн бюровĕ, унăн пĕрремĕш секретарĕ Г. П. Павлов суйлав кампанине политика тĕлĕшĕнчен начар ертсе пынине кăтартса панă. КПСС райкомне мĕнпур çитменлĕхсене пĕтерме, пулас суйлава хатĕрленес тĕлĕшпе ĕçсене татăклăн вăйлатма, политикăри пуçарулăха сирĕппĕн ӳстерме, массăсен обществăпа политикăри тата социаллă пурнăçри активлăхне вăйлатма, влаçăн çĕнĕ органĕсене хăйсен ĕçĕпе çĕнетӳ процесĕсене аталантарма пултаракан коммунистсемпе партире тăман çынсене суйлама хушнă. Çак тĕллевпе КПСС райкомĕн партин область организацийĕ çĕнетĕве тарăнлатса пырас тĕлĕшпе палăртнă ĕçсен программине пурнăçа кĕртмешкĕн мĕнпур пуçламăш парторганизацисен ĕçне активизацилемелле, депутата суйлама тăратнă кандидатсем тĕлĕшпе парти енчен çирĕп позици тытса пымалла, вĕсене суйлав умĕнхи программăсене тĕплĕн туса хатĕрлеме пулăшмалла, суя сăмахсемпе улталама пăхакан, йĕри-тавра пурне те хура сăрăпа кăтартма хăтланакан кандидатсен ĕçне принциплă хак памалла.

КПСС райкомне суйлав кампанийĕ çинчен халăха анлăн пĕлтерсе тăма, ĕçсен чи çĕнĕ формисемпе тата меслечĕсемпе, массăллă информаци хатĕрĕсемпе усă курма, мĕнпур ĕççыннисене, халăхăн мĕнпур сийĕсене политика тĕлĕшĕнчен витĕм кӳме, çакăнпа пĕрлех хăйсен ĕçне совет, профсоюз, комсомол, ветерансемпе хĕрарăмсен организацийĕсемпе тата обществăлла ытти организацисемпе тачă çыхăнтарса туса пыма сĕннĕ. Палăртнă социаллă пурнăç программисене туллин пурнăçа кĕртсе пырассишĕн, халăхăн, уйрăмах нумай ачаллă тата сахал тупăш илекен çемьесемпе ватă çынсен нушисемпе ыйтăвĕсене туллинрех тивĕçтерессишĕн Советсен ĕçтăвкомĕсен, агропромышленность комбиначĕн, совхозсен, промышленность предприятийĕсемпе организацисен коммунист-руководительсенчен çирĕпрех ыйтни кирлĕ. Халăх ыйтăвне тивĕçтерекен предприятисемпе учрежденисен ĕçне контроллесе тăрассине вăйлатмалла, çынсем тĕлĕшпе бюрократла, ĕçе тăсса пынă, тимĕр тата хытă чуллă пулнă кашни факта принциплă хак памалла, çакăн çинчен пурне те пĕлтермелле. Ĕç, план, договор дисциплинине ӳстерес, обществăлла йĕркелĕхе çирĕплетес, ĕçкĕпе иртĕхнине хирĕç кĕрешес тĕлĕшпе мерăсем йышăнмалла.

КПСС обкомĕн бюровĕ хăйĕн «Чăваш АССРĕнче фонд дисциплинине пăхăннине тата апат-çимĕç таварĕсемпе суту-илӳ тăвассине йĕркеленине тĕрĕсленин итогĕсем çинчен» йышăннă решенине мĕнле пурнăçласа пынине пăхса тухнă. 1989 çулта апат-çимĕç таварĕсене планран иртерсе 35,7 миллион тенкĕлĕх туса кăларнă, потребкооперацин суту-илӳ организацийĕсем ялхуçалăх продукцине 1988 çулхинчен 7 миллион тенкĕлĕх ытларах сутнă пулин те, парти, совет органĕсем, хуçалăх руководителĕсем çӳлерех асăннă постановлени туллин пурнăçламаннине йышăннă. Халăха апат-çимĕç таварĕсемпе тивĕçтерес ĕçре йывăрлăхсем ӳссе пынине, суту-илӳ правилисене сĕмсĕррĕн пăснă фактсене пула социаллă пурнăçри кăткăс лару-тару малалла çивĕчленсе пынине палăртнă.

КПСС обкомĕн бюровĕ КПСС членне, республика Министрсен Совечĕн председателĕн заместительне Н. И. Кузнецова государство суту-илӳ тата потребкооперации предприятийĕсем апат-çимĕç таварĕсем валли уйăракан фондсене йĕркелес тата реализацилес ĕçре кирлĕ пек йĕрке туса хума, хушма ресурссем тупма, суту-илӳ сферинче тата обществăлла апатлану йĕркене пăснă тата ĕç вырăнĕпе тĕрĕс мар усă курнă фактсене пĕтерме конкретлă мерăсем йышăнма хушнă. КПСС членне, Чăваш АССР Министрсен Совечĕн Председателĕн пĕрремĕш заместительне В. А. Агафонова агропромышленность комплексĕн ĕç коллективĕсене апат-çимĕç программине пурнăçлама мобилизацилес тĕлĕшпе çителĕксĕр ĕçленине кăтартса хăварнă. Вăл организациллĕ мерăсем йышăнма тивĕçлĕ. Агропромышленность комплексĕн коммунист-руководительсене пахча-çимĕç консервĕсем, ытти апат-çимĕç продукчĕсем туса кăларассине ӳстерме, продукци тирпейлекен промышленноçра çĕнĕ хăватсем туса хума тата киввисене реконструкцилеме хушса хăварнă. КПСС членĕсене, республика суту-илӳ министрĕн пĕрремĕш заместительне В. Н. Адушкина, Чăвашпотребсоюз правленийĕн председательне Т. И. Михайловăна, Госагропром председателĕн заместителĕ пулнă Б. И. Егорова хăйсене шанса панă ĕç вырăнĕнчи çитменлĕхсемшĕн парти енчен принциплă хак панă. Суту-илӳ ĕçне йĕркелессине лайăхлатас, апат-çимĕç фончĕсене тĕрĕс валеçес, вĕсене салатса пĕтерне, таварсене пытарса хăварнă, пăсса янă тата йĕркене пăснă ытти фактсене пĕтерес, продукци хатĕрлес тĕлĕшпе потребкоопераци ĕçне лайăхлатас, халăха çĕрулмипе тата пахча-çимĕçпе кирлĕ чухлĕ тивĕçтерес тĕлĕшпе вĕсен витĕмлĕ мерăсем йышăнмалла. КПСС хула комитечĕсемпе район комитечĕсем, республика Министрсен Совечĕнче, район тата хула Совет ĕçтăвкомĕсенче, министерствăсемпе ведомствăсенче ĕçлекен коммунистсем умне конкретлă задачăсем кăларса тăратнă.

КПСС обкомĕн бюровĕ КПСС Центральнăй Комитечĕ Пĕтĕм Союзри студентсен форумĕн итогĕсем тăрăх панă кăтартусене пурнăçлас тĕлĕшпе мерăсем палăртнă. Чăваш АССРне туса хунăранпа 70 çул çитнине кĕтсе илме хатĕрленес тата уявлас тĕлĕшпе палăртнă мероприятисен планне ырланă, постановлени йышăннă. Унта Чăваш республикин обществăпа культура центрне туса хунине ырланă.

Çавăн пекех партин область организацийĕн пурнăçĕпе ĕçĕ-хĕлĕн ытти ыйтăвĕсене пăхса тухнă.

*Декабрьти почта*

## ВЫРĂНТА ТАТСА ПАМАЛЛИ ЫЙТУСЕМ

**• ДЕКАБРЬТЕ РЕДАКЦИ 1817 ÇЫРУ ИЛЧĔ • «АНОНИМКАСЕМ» САХАЛ, ÇАПАХ ТА ПУР • ÇЫРУСЕН ПЫСĂК ПАЙĔНЧЕ — ВЫРĂНТА ТАТСА ПАМАЛЛИ ЫЙТУСЕМ • КОЧЕГАРСЕНЕ ĔÇШĔН ТӲЛЕССИ, ПЕНСИ — ВУНШАР ÇЫРУ ÇАКĂН ÇИНЧЕН.**

ЧИ МАЛТАН — редакцие килнĕ икĕ çыру пирки. Пĕрне Муркаш районĕнчи «Свобода» колхозран М. Яковлева çырнă. Акă унти хăшпĕр йĕркесем:

«Эсир мана нумай пулăшрăр, питĕ пысăк тав, — тет Мария Ивановна. — Коляска та сирĕн пата çырсан кăна пачĕç». Юлашкинчен М. Яковлева поэт сăмахĕсене хăй астуна пек çырса хунă: «Çынна сăмахпа ӳкерме те, çĕклеме те пулать».

Муркашран янă çырупа юнашарах, акă Шупашкартан, тĕп университетран янă çыру. «Ĕçри тавлашулла ыйтусене пăхса тухакан комисси ларăвĕн протоколне тепĕр хут ярса паратпăр, — çырать сотрудниксен профкомĕн председателĕ В. Васильев — Çакна пĕлтеретпĕр: К. В. Трифонова юлташа та çак протокола тепĕр хут 1989 çулхи декабрĕн 5-мĕшĕнче 15-мĕш çыхăну уйрăмĕ урлă заказ-çырупа ярса панă (квитанци номерĕ 842)».

Çиелтен пăхсан, ыттисенчен нимле те уйрăлса тăман çыру темелле. Ку вăл вулакансăн çапла. Анчах çав çырушăн хаçат сотрудникĕсен нервăсене сахал мар кисретме тиврĕ. Клавдия Васильевна Трифонова çав протокола университетран ыйтса илес тĕллевпе редакцин обществăлла йышăну пӳлĕмне пынăччĕ. Университетран çав хута ярса пама ыйтса çыру çыртăмăр. Анчах... хуравĕ çук та çук. Клавдия Васильевнăн чăтăм пĕтре, эпир те пăшăрханатпăр. Виçĕ уйăх иртсен, В. Васильевна телефонпа çыхăнатпăр. «Протокол копине декабрĕн 5-мĕшĕнче ярса панă», — пулчĕ ответ. Анчах ăна ни Трифонова илмен, ни редакцире курман. Юлашкинчен Клавдия Васильевна, редакцире ĕçлекенсене тарăхса кайнăскер, темтепĕр каласа пĕтерчĕ, «инстанцисене çыраççипе» хăратрĕ, кӳрентерчĕ. Юлашкинчен çака паллă пулчĕ: университетран кая юлса янă протокола Шупашкарти почта работникĕсем çухатнă, иккен. Вăрçас пулсан та, ака камсене вăрçмалла çухалнă çырушăн.

[illegible] çырăва? Акă мĕншĕн. Редакци почти тепĕр чухне çырусен йĕркесене тумлам тумламан шăрçаланă халăх тарăхăвне аса илтерет. Мĕншĕн тарăху? Мĕншĕн тесен нумай ыйтăва республика хаçатне çырмасăрах, вырăнтах, вырăнти органсенче ĕçлекен должноçри çынсемпе калаçса кĕске вăхăт хушшинчех татса пама май пур. Трифонова тĕслĕхĕнче те çапла тума пулнă. Анчах çапла туман. Пенсионерăн редакцие пыма, редакцин официаллă хут çырма тивнĕ. Мĕн чухлĕ тума тивет усăсăр ĕç! Çук, çакăншăн çыру авторĕсене ӳпкелесе çырмастăп. Вĕсене лару-тару çапла тума хистет. Вĕсен урăхла май çук. Мĕншĕн тесен пĕр-пĕр çын, пĕр-пĕр пысăк е... çеç чĕтретеççĕ. Уйрăмах конкретлă çын шăпи пирки сăмах пырать пулсан. Пĕтĕмпех тĕрĕссине калас-тăк, чăн та, Калинин райĕçтăвкомĕ çумĕнчи прописка енĕпе ĕçлекен комисси Н. Терентьева упăшкине «йĕркене пăханмасăрах» тăванĕсем патне пропискӑна тăратнă.

Малтан пуçлана калаçăвах кунта — Калинин районĕнчи шалти ĕçсен пайĕнче çак ыйтăва тӳрех, тăсса ямасăр, татса пама май пулнă. Ахăртнех, çапла тăвас темен. Çавăнпа каларса тăратнă Терентьевсем умне тĕрлĕ чăрмавсем. Çын нушине ăнланни, туйни, унпа пĕрле куляныма пултарни пĕр çак органа кăна çитмест пулĕ. Ку шухăша ытти çырусем те лайăх çирĕплетеççĕ. Акă еплерех çырать кун пирки пĕр автор: «Чăрмантарнăшăн каçарар та, хăшпĕр ыйтусене вырăнта татса паман пирки ирĕксĕрех сирĕн урлă ыйтса пĕлес пулать». Мĕнле ыйту канăç памасть-ха ăна? Уйхирте ĕçлекенсене тата выльăх-чĕрлĕх пăхакансене ĕç укçи ӳстерсе панă иккен, кладовщиксене — çук. «Тĕрĕс-ши?» — тесе интересленет кладовщица.

Законлă ыйту. Енчен те çынна пĕр-пĕр ыйту пăшăрхантарать пулсан, унăн çавăн çинчен ыйтса пĕлме пĕтĕм право пур. Государство вăрттăнлăхĕсемпе интересленмест-çке вăл. Çав ыйтупа çыннăн, çав шутра кладовщикăн та чи малтан хуçалăх канторне, специалистсем патне каймаллаччĕ ĕнтĕ. Анчах лешсем ни ăнлантарса памаççĕ, ни уçăмлă калаçмаççĕ. Ирĕксĕрех редакцие çырма тивет кладовщикăн. Редакци те, тĕрĕссипе каласан, мегабайтсемпе тултарса лартнă ЭВМ мар, кирлĕ справкăсене çав специалистсенчен ыйтса пĕлетпĕр. Çапла çуралать хут çаврăнăш. Бюрократсем, теме пултарĕ хăшĕ. Мĕн тăвас-ха? Ыйту çине хуравласах килет. Иккĕкĕ кунта çавах — çын нушине туйма, ăнланма пĕлменни.

Редакцие янă пĕр-пĕр çырăва вулатăн та шухăша каятăн: ниушлĕ çак ыйтăва Шупашкара çырсах татса памалла пулнă? Çыракансене мар, вырăнти çав нушаллă специалистсене, органсене тарăхатăн. Хĕллехи вăхăтра кочегарсенчен çырусем çав тери нумай килеççĕ. Вĕсем шкулсене, клубсене, хуçалăхсен канторĕсене тата ытти объектсене хутса ăшăтса тăраççĕ. Ĕçшĕн еплерех тӳлесси кашнине те пекех интереслентерет. Ыйту пулсан, районти çутĕç пайне, культура пайне, хуçалăх канторне е РАПО-АПКăна кĕрсе тухма май пур. Çук-çке: е ответлемеççĕ, е сивĕ сăмахла кĕтсе илеççĕ. Камăн кăна килтĕр унта тепрĕ хиче? «Кун пек çырусем сирĕн пата нумай çĕртен пыраççĕ пулĕ-ха та, эпир кăна аптранипе çыратпăр...» — теççĕ вара авторсем.

Акă, çакна çирĕплетекен тепĕр çыру. Комсомольски районĕнчи «Дружба» колхоз членĕ Ш. Валиуллин çырнă ăна. «Эпĕ хирте колхоз çĕрулмине сыхларăм. Çĕрулми патенче ĕçленĕшĕн паракан «процента» пĕлтĕр те, каçал та памарĕç. Çакă тĕрĕс-ши? Çĕрулми «процентне» хурал тăнăшăн памалла-и?» — тесе ыйтать Шаяхмет Зарипович.

Çав вăхăтрах «Дружба» колхозра ĕçшĕн...

## КАНДИДАТСЕНЕ РЕГИСТРАЦИЛЕНĔ

Чăваш АССР халăх депутачĕсене суйлас тĕлĕшпе ĕçлекен тивĕçлĕ округри суйлав комиссийĕсем çак кандидатсене регистрациленĕ...

# КАНДИДАТСЕНЕ РЕГИСТРАЦИЛЕНĔ

**Чăваш АССР халăх депутачĕсене суйлас тĕлĕшпе ĕçлекен тивĕçлĕ округри суйлав комиссийĕсем çак кандидатсене регистрациленĕ:**

**ШУПАШКАР ХУЛИНЧИ ЛЕНИН РАЙОНĔ ТĂРĂХ**
**4-мĕш Спортивнăй суйлав округĕ**

Николай Алексеевич **Викторов**, 1953 çулта çуралнă, Шупашкарти пассажирсем илсе çӳрекен пĕрремĕш автотранспорт предприятийĕнчи водитель, КПСС членĕ, Шупашкар хулинче пурăнать;

Николай Петрович **Кильнесов**, 1943 çулта çуралнă, Чăвашпотребсоюз автобазинчи экспедитор-водитель, КПСС членĕ, Шупашкар хулинче пурăнать;

Александр Сергеевич **Храмов**, 1949 çулта çуралнă, «Чувашстрой» территори-строительство пĕрлешĕвĕн 1-мĕш стройтресчĕн управляющийĕ, КПСС членĕ, Шупашкар хулинче пурăнать.

**ШУПАШКАР ХУЛИНЧИ МУСКАВ РАЙОНĔ ТĂРĂХ**
**57-мĕш Молодогвардейски суйлав округĕ**

Александр Викторович **Долгов**, 1947 çулта çуралнă, Шупашкарти çыхăну электротехникумĕн директорĕн заместителĕ, КПСС членĕ, Шупашкар хулинче пурăнать;

Владимир Иванович **Князев**, 1942 çулта çуралнă, «Чувашмебель» аренда предприятийĕсен ассоциацийĕн генеральнăй директорĕ, КПСС членĕ, Шупашкар хулинче пурăнать.

**62-мĕш Заволжски суйлав округĕ**

Михаил Георгиевич **Марков**, 1948 çулта çуралнă, халăх депутачĕсен Мускав район Совечĕн ĕçтăвкомĕн председателĕ, КПСС членĕ, Шупашкар хулинче пурăнать;

Алексей Иванович **Олигер**, 1947 çулта çуралнă, Шупашкар вăрман хуçалăхĕнчи аслă инженер-лесопатолог, партире тăмасть, Шупашкар хулинче пурăнать.

* * *

1990 çулхи январĕн 12-мĕшĕнче «Коммунизм ялавĕ» хаçатра Чăваш АССР халăх депутачĕсен кандидачĕсене регистрациленине çинчен пичетленĕ округри суйлав комиссийĕн пĕлтерĕвĕнче Шупашкар хулинчи Ленин районĕ тăрăх 9-мĕш Вокзальнăй суйлав округне йăнăшпа Заводской тесе кăтартнă.

Шупашкарти агрегат заводĕнче механикăпа сборка производстви йĕркеленĕреппе вăхăт нумаях иртмен-ха. Кунта халĕ çĕнĕ, муфта сцеплениийĕсем валли чугун дисксем якатса хатĕрлекен участок ĕçе кĕртнĕ. Автоматла участокра ку чухнехи çĕнĕ станоксем вырнаçтарнă. Вĕсене пăхса тăма ĕçре пысăк опыт пухнă Н. Корзинкинпа В. Петров наладчиксене шаннă. Хăйсен ĕçне вĕсем пысăк тимлĕхпе пурнăçлаççĕ.

В. Петровпа Н. Корзинкин.

А. Поляков фотоӳкерчĕкĕ.

# Ферма ĕçченĕсем 1989 çула мĕнле вĕçленĕ?

Колхозсемпе совхозсем тата хуçалăхсен пĕрлехи предприятийĕсем иртнĕ çул 118,6 пин тонна аш-какай (чĕрĕ виçепе шутласан), 368,5 пин тонна сĕт, 282,3 миллион штук çăмарта, 479 тонна çăм туса илнĕ. 1988 çулпа танлаштарсан, аш-какай туса илесси — 5, сĕт туса илесси 3 процент ӳснĕ.

Мĕнпур категорири хуçалăхсем государствăна 123,7 пин тонна аш-какай (кайăк-кешĕк ашĕпе пĕрле), 331,5 пин тонна сĕт, 260,5 миллион штук çăмарта, 449 тонна çăм хатĕрлесе панă. 1988 çулпа танлаштарсан, аш-какай 5 процент, сĕт 4 процент, çăм 3 процент ытларах сутнă. Çав шутра 9,1 пин тонна (7,4 процент) аш-какай, 6,9 пин тонна (2,1 процент) сĕт потребкоопераци организацийĕсем хатĕрленĕ.

Аш-какай, сĕт туса илессине тата хатĕрлессине, çав вăхăтрах выльăх-чĕрлĕх продуктивлăхне пуринчен ытла Патăръел тата Тăвай районĕсенчи хуçалăхсем ӳстернĕ.

Анчах выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçре пур çĕрте те ырă улшăнусем пулмарĕç-ха. 1988 çулпа танлаштарсан, республикăри 4 районта аш-какай туса илесси тата хатĕрлесси чакнă. Сĕнтĕрвăрри районĕнче чи нумай чакарнă. Сĕт суса илесси, ăна государствăна сутасси, кашни ĕнерен сĕт сăвасси Шупашкар районĕнчи хуçалăхсенче чакнă.

Аш-какай туса илесси, тĕпрен илсен, выльăх-чĕрлĕх ытларах сутнипе ӳснĕ. Колхозсемпе совхозсенчен нумайăшĕ ĕне выльăха вăтамран 400 килограмм ытла виçепе сутнă. Анчах хăшпĕр районсенче аш-какай комбинатне пĕчĕк виселлĕ ĕне выльăх нумай леçнĕ. Сăмахран, Шăмăршă районĕнчи хуçалăхсем сутнă кашни ĕне выльăхан вăтам чĕрĕ виçи 305 килограмм, Сĕнтĕрвăрри районĕнчи хуçалăхсен — 319, Çĕмĕрле районĕнчи хуçалăхсен 337 килограмм пулнă. Государствăна сутакан сысnасен чĕрĕ виçи пур районсенче те чакнă.

Государство ресурсĕсене 2,6 пин тонна кондицилле мар выльăх пырса кĕнĕ.

Сĕт туса илессине ĕнесен продуктивлăхне пысăклатнипе ӳстернĕ. Сав вăхăтрах колхозсемпе совхозсем государствăна сутнă сĕтĕн пахалăхĕ лайăхланман.

«Чувашмолпром» пĕрлешĕвĕн предприятийĕсем 1989 çулта 28,5 пин тонна (10,6 процент) иккĕмĕш сортлă, 1,7 пин тонна (0,6 процент) сортлă мар сĕт йышăннă, 130 тонна юрахсăр сĕте хуçалăхсене каллех тавăрса панă.

**Чăваш республикин статистика управленийĕ.**

---

*Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн Президиумĕнче*

Ялхуçалăхĕнче нумай çул хушши тухăçлă ĕçленĕшĕн Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн Президиумĕ Василий Андреевич **Горшкова** — Елчĕк районĕнчи Ленин ячĕпе хисепленекен колхоз председательне — Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн Президиумĕн Хисеп грамотипе наградăланă.

---

М[illegible] çырава? Ака мĕншĕн. Редакци почти тепĕр чухне çырусенчи йĕркесене тумлам тумламан шарçаланнă халах тарахăвне аса илтерет. Мĕншĕн тарăху? Мĕншĕн тесен нумай ыйтăва республика хаçатне çырмасăрах, вырăнтах, вырăнти органсенче ĕçлекен должноçри çынсемпе калаçса кĕске вăхăт хушшинчех татса пама май пур. Трифонова теслĕхенче те çапла тума пулнă. Анчах çапла туман. Пенсионерăн редакцине пыма, редакцин официалла хут çырма тивнĕ. Мĕн чухлĕ тума тивет усăсăр ĕç! Çук, çакăншăн çыру авторĕсене ӳпкелесе çырмастăп. Вĕсене лару-тару çапла тума хистет. Вĕсен урăхла май çук. Мĕншĕн тесен пĕр-пĕр çын, пĕр-пĕр пысăк е пĕчĕк кантура пĕр-пĕр пысăк е пĕчĕк ыйтупа пырсан, ăна е сив сăмахпа кӳрентерсе каларса ярaççĕ, е сăлтав тупса пăрăнаççĕ. Çапла вара ыйтса пĕлмеллине те ыйтса пĕлейместĕн, ыйтăва та татса параймастăн. Мĕн тумалла? Редакцирен пулăшу ыйтсан кăна...

Килеççĕ те килеççĕ вара редакцие вырăнта татса памалли ыйтусемлĕ çырусем. Инçете каймăпăр, ала айĕнче выртакан çак çырăвах илĕпĕр:

«Эпир мăшăрăмпа хулара пурăнатпăр», — çырать редакцие А. Терентьева. — Анчах пирĕн иксĕмĕрĕн те пропискасем тĕрлĕ çĕрте. Эпĕ тăвансем патĕнче, Алькеш поселокĕнче, упăшка — общежитире. Упăшкана Алькеша пропискана тăратма пултаратăп-и эпĕ? Тăвансен çуртĕ 42,60 тăваткал метр. Манпа унта 3 çын пропискара тăрать.

Эпир Калинин районĕнчи паспорт пайĕн начальникĕ патĕнче çак ыйтупа 2 хутчен пултамăр. Вăл пире çапла ответлерĕ: сирĕн мăшăра çав адреспа пропискана тăратма çук, мĕншĕн тесен пурăнмалли лаптăк çитмест. Эпир илтнĕ тăрăх, упăшкипе арăмне çурт лаптăкне пăхмасăрах пропискана тăратаççĕ. Калăр-ха, тархасшăн, кама ĕненмелле пирĕн?»

Йывăр ыйту. Çапах, таса пуçпа шутласан, ансат татса памаллискер теме пулать. РСФСР Пурăнмалли çурт-йĕр кодексĕн 38-мĕш статйинче çапла каланă: «Кашни çын пуçне тивекен пурăнмалли çурт-йĕр лаптакне 12 тăваткал метр тесе палартнă». Анчах пурне те паллă: хваттер илме черете тăратнă, хваттер илнĕ чухне эпир тахçантанпах РСФСР Пурăнмалли çурт-йĕр кодексне пăхăнмастпăр-çке, пирĕн Чăваш АССР Министрсен Совечĕпе профсоюзсен постановленийĕпе çирĕплетнĕ «Чăваш АССРĕнчи пурăнмалли условисене лайăхлатас, текен гражданcене шута илмелли тата пурăнмалли çурт-йĕр памалли правилăсем» пур. Эпир çавсене пăхăнатпăр, вĕсене куç хывса пурăнатпăр. Çав правилăсем пирĕн республика территорийĕнче закон вăйĕнче шутланаççĕ. Унăн 6-мĕш статйин а) пункчĕнче вара çапла каланă: «çемьери кашни çын пуçне 7,5 тăваткал метртан сахалрах лаптăк тивекен граждансен пурăнмалли условийĕсене лайăхлатма тивĕçлĕ тесе шутлас». Асăрхăр, 12 метр мар, 7,5. А. Терентьева вара упăшкине 10,65 метр лаптăк çине чĕнет. Урăхла каласан, упăшкине пропискана тăратсан та хваттер ыйтма право çук пулĕ вĕсен. Мĕн хăратать-ха апла-тăк влаçсене? Икĕ çемье пĕр çурта кĕни пулин... Анчах влаçсен çакна та шута илмелле: çамрăк çемьен уйрăм хваттер иличчен çавах ăçта та пулин пурăнмалла-çке. Ăçта каяс вĕсен? Тăвансем ирĕк панă тата хăйсем патне илме май пур çинчех ют çынсем патне-и? Юлашки вăхăтра власть гуманизмĕ, çынлăхĕ çинчен нумай калаçатпăр эпир, анчах нумай чухне çак сăмахсем çĕр çине анаймасăр сывлăша онти çутĕç пайне, культура пайне, хуçалăх кантурне е РАПО-АПКана кĕрсе тухма май пур. Çук-çке: е ответлемеççĕ, е сивĕ сăмахпа кĕтсе илеççĕ. Камăн каяс килтĕр унта тепре хиниче? «Куй пек çырусем сирĕн пата нумай çĕртен пыраççĕ пулĕ-ха та, эпир кăна аптранипе çыратпăр...» — теççĕ вара авторсем.

Ака, çакна çирĕплетекен тепĕр çыру. Комсомольски районĕнчи «Дружба» колхоз членĕ Ш. Валиуллин çырнă ăна. «Эпĕ çирте колхоз çĕрулмине сыхларăм. Çĕрулми патĕнче ĕçленĕшĕн паракан «процента» пĕлтĕр те, кăçал та памарĕç. Çака тĕрĕс-ши? Çĕрулми «процентне» хурал тăнăшăн памалла-и?» — тесе ыйтать Шаяхмет Зарипович.

Çав вăхăтрах «Дружба» колхозра ĕçшĕн тӳлемелли çинчен калакан положени пур. Положенипе пăхнă тăрăх, çĕрулми процентне çĕрулми лартса ӳстерес, ăна пухса кĕртес ĕçре тӳрремĕн хутшăннă колхозниксене çеç параççĕ. Хуралçă ĕçĕ вара вĕсен шутне кĕмест, ăна ĕçшĕн тӳлесси хуçалăхан пĕтĕмĕшле расхочĕсем текен статьяпа каять. Хуралçăсене те «процент» тӳлес пулсан, çĕнĕве 1990 çулта ĕçшĕн тӳлемелли положение кĕртмелле.

Çак сăмахсене Ш. Валиуллина колхоз экономисчĕ калама пултарнă-ши? Паллах. Хуралçăна колхоз çирĕплетнĕ положение кăтартма та май пулнă. Пултарнă, май пулнă... Анчах ăна та, кăна та тумаи. Хуралçă ĕçе илнĕ чухне мĕнле йĕркепе тӳлемелли çинчен те каламаллах пулнă. Паллах, кунта тепĕр япала та пур-ха. Нумай чухне çыру авторĕсем вырăнта ыйтса пĕлмелли, татса памалли ыйтусемпе вырăнта пулмасăрах малалла çыраççĕ. Кăна тĕрĕс теме çук. Чи малтан вырăнтах çĕклемелле. Пачах урăх япала — ыйтăва лартичченех вырăнта татса памасса пĕлсе тăни... Комментари кунта ытлашши пулĕ.

Октябрĕн 1-мĕшĕнчен тытăнса пенси укçине ӳстернĕ хыççăн редакци сĕтелĕсем çак ыйтупа çыхăннă çырусемпе тулса ларчĕç. Вĕсене хаçатра пичетлеме май çук, мĕншĕн тесен вĕсем пурте пĕрешкел: «тархасшăн, мана пенси тĕрĕс параççĕ-и» е «ман кӳршĕне тĕрĕс пачĕç-и пенси?» тата ытти те. Çакнашкал çырусене районсенчи собессене е республикăри Социаллă пулăшу министерствине ярса паратпăр. Чăн сăмахăн суйи çук, çав органсем çыру авторĕсене туллин, тĕплĕн ответлеççĕ (ответсен копийĕсем яланах редакцие килеççĕ). Унăн эпир собес работникĕсене тав тума тивĕç.

Çав ответсене вулатăн та çапла шухăшлатăн: собеса çав ыйтупа тӳрех пыма май пулман-ши вара? Пулнă, кайнă, анчах май тухман. Е лайăх ăнлантарса параймаи, е чăрмантарса ан çӳрĕр, тесе хăваласа янă. Кӳреймелле те, тарăхмалла та. Ирĕксĕрех вăтă çын редакцие çырать. Редакци ыйтăва çав собес адресĕпех ярса парать... Çапла çаврăнать карусель, сăлтавĕ — тимсĕрлĕх, тӳркеслĕх.

...ÇАК ЙĔРКЕСЕНЕ çырса пĕтерес умĕн кăна редакцие паянхи почта килсе çитрĕ. Кунне 60—70 çыру. Вулатпăр. Камăн мĕншĕн ăш вăркать... Уççăн çырнă çырусем... Ака çак çырусем вара — вырăнта татса памалли ыйтусемпе. Чун ыратăвĕ, пăшăрхану, тарăху, ыйтуллă йĕркесем вĕсенче. Ăçта эсир, мĕн тăватăр эсир, тесе ыйтас килет çав ыйтусене чи малтан вырăнта татса пама тивĕçлĕ çынсенчен.

**Владимир ВАДИМОВ.**

---

## Паянхи номерте:

## ТĂВАН СССР ÇĔРШЫВРА

ТАСС КОРРЕСПОНДЕНЧĔСЕМ ПЕЛТЕРЕÇÇĔ

### Владивосток

Сихотэ-Алинь тăвĕсем патĕнче тăхлан рудин вырăнĕсене тупнă. Специалистсем хак панă тăрăх, вăл ку тăрăхри чи пуян вырăнсенчен пĕри. Ăна аэробиологи фотоÿкерчĕкĕ тунă хыççăн тупса палăртнă. Çĕнĕ вырăнта тăхлан кăларма тытăнни Инçет Хĕвелтухăçĕнчи сăрт-ту пуянлăхĕсене тирпейлекен предприятисене çак паха металл халăх хуçалăхĕ валли хатĕрлессине ÿстерме палăрмаллах пулăшать.

### Волковыск

Гродно облаçĕнчи Волковыск хулинчи хурçă шăратмалли оборудовани туса кăларакан завод выльăх апачĕ вĕтетмелли агрегатсен пĕррремĕш партине Украинăна ăсатнă. Çĕнĕ агрегат утă-улăма, симĕс массăна, тымарçимĕçе, çĕрулмине вĕтетет, çăнăх авăртать, 1,1 киловатт хăватлă машина пĕр сехетре 200 килограмм таран улăм касса ваклама, çуна хут ытларах тымарçимĕç тирпейлеме, 60 килограмм таран çăнăх авăртма пултарать. Агрегат валли вансан-çĕмĕрĕлсен улăштармашкăн тĕрлĕ детальсем кăлараççĕ. Çĕнĕ машинăна завод тата Белоруссири ялхуçалăха механизациленĕ институт конструкторĕсем туса хатĕрленĕ. Унăн хакĕ — 400 тенкĕ Кăçал 500 машина туса кăларма палăртнă.

### Новосибирск

Шутлав статистика работникĕсен квалификацине ÿстерекен институтăн Çĕпĕр филиалĕнче вĕренекенсен пĕр ушкăнĕ налог инспекторĕн профессине илĕ. Хулара çак ĕçпе ĕçлекен кадрсене пĕррремĕш хут хатĕрлеме тытăннă. Кунта вĕренекенсем илнĕ пĕлÿ кооперативсен ĕçне контроллеме, вĕсем хăйсен тупăшне пытарса хăварма хăтланнине тупса палăртма, ытлашши тупăш илес тĕллевпе таварсемпе пулăшу ĕçĕсен хакне тĕпсĕр ÿстерсе ямасне тĕрĕслеме май парĕ.

### Орел

[illegible] Совет Союзĕн В. И. Ленин ячĕпе хисепленекен Ача-пăча фондне почтăпа ярса панă куçăрун пĕр бланкĕ çинче 10 пин тенкĕ чухлĕ сумма палăртнă. Ăна Орел облаçĕнчи Должан районĕнчи «Выше-Ольшанский» совхоз ярса панă. 24 сехете [illegible] Ача-пăча фондне те[illegible]

## УÇĂ ПУХУ–ДИСКУССИ

## ПАРТИ ПАЯН. УНĂН МĔНЛЕ ПУЛМАЛЛА?

### Активлăх ÿсрĕ

Иртнĕ çулсенче Элĕкри йăла управленийĕнчи парти пухăвĕсем лăпкă, шăв-шавсăр, критикăпа самокритикăна хускатмасăр тенĕ пекех иртетчĕç, коммунистсенчен ытларахăшĕ сăвара шыв сыпнă пек ларатчĕ. Пурнăçра сĕнетÿпе уссăнлăх сарăлса, вăй илсе пынă май, кунти парти пухăвĕсем те сивĕчленсе пыма, коммунистсем ĕçри ситменлĕхсем, малашлăх планĕсем синчен уççăн калама пуçларĕç.

Партбюро кашни коммунист, коллективăн кашни членĕ ку чухнехи вăхăтăн уйрăмлăхĕсене тĕплĕ ăнлантăр, сĕнетÿпе уссăнлăхра çĕнĕлле ĕçлеме хăнăхтăр тесе ĕçлет. Юлашки вăхăтра коммунистсен отчечĕсене ытларах итлеме пуçларĕç. Халăх контроль группин председателĕ К. Петров управленири контролерсем хусасăрлăхпа мĕнле кĕрешни, профком председателĕ Н. Корнилова социализмла ăмăртăва мĕнле йĕркелени синчен туса панă отчетсене активлă сÿтсе явнă. Акă мĕн килĕшет: партбюро коммунистсенчен çирĕпрех ыйтма пуçларĕ.

Общество йĕркине пăсакан, коммунист ятне варалакан парти членĕсене сийĕнчех асăрхаççĕ. Кооператив рабочийĕсем Г. Ивановна Н. Трофимов ĕç вăхăтĕнче общесвăлла вырăнсенче ÿсĕр сÿренĕ. Г. Иванова учет карточки сине сырса çирĕп выговор панă, Н. Трофимова парти ретĕнчен кăларнă. «Илем» кооператив членне Н. Иванова та коммунист ятне тивĕçлипе тытса пымашăн партирен кăларнă. Пăла управленийĕн начальникне В. Сорокина хăйĕншĕн ытларах тăрăшнăшĕн çирĕп ответ тыттарнă.

Парторганизаци ĕçне малашне те коммунистсем активлă хутшăнсан, кĕрешÿри пултарулăх ÿссех пырĕ.

М. НИКОЛАЕВА,
1944 çултанпа КПСС членĕ.

### Çапăçура окопран каймаççĕ

1989 ÇУЛТА 60 тултартăм. Канăва тивĕçлĕ сын — пенсионер çулне ситрĕм. Анчах килте ларас кăмăлăм çук. Сывлăхăм йĕркеллĕ чухне, вăй-халăм пур чухне тăван предприятирен уйрăлас килмест. Емĕрĕм çак заводра иртсе пырать. Эпĕ — унăн чи малтанхи рабочийĕсенчен пĕри. Кунтах 33 çул каялла партине кĕтĕм.

Мĕншĕн рабочи класс ретĕнчех пулас килет-ха? Кăткăс та йывăр саманара пурăнатпăр. Парти пуçарнă сĕнетĕве чун-чĕререн ырласа кĕтсе илтĕмĕр. Ырă улшăну тума хамăр тÿпене хывма тăрăшатпăр. Анчах ĕмĕтĕмĕрсем çитсе пымассĕ-ха. Çакăншăн партие айăплама пăхаççĕ. Купа пĕрре те килĕшес килмест. Эпир, рабочи-коммунистсем, яланах малти ретре пырасси çинчен çеç мар, халăхшăн, обществăшăн, коммунист ятне тивĕçлĕ тытассишĕн те тăрăпинĕ.

Пирĕн предприяти унччен автомобиль юсакан опытлăсăнавлă ятпа сÿретчĕ. Юсав ĕçне наука-техника прогресĕн кикĕсĕ синче туса пырас тесе тăрăшман-и эпир? Рационализаторсем кăна мĕнчул сĕнĕлĕх сĕнмен-ши? Е тата продукци пахалăхне лайăхлатмалли комплекслă системăна пурнăçа кĕртессишĕн сине тăман-и? Çулсерен строительство конструкцийĕсем турттаракансем çурма автоприцепсем çĕнĕ те çĕнĕ йышши туса кăларман-и? Çаксене пĕтĕмпех рабочисен аллипе, ăстăнĕпе, ăсталăхĕпе пурнăçа кĕртсе пынă. Пуçаруçăсем хушшинче яланах коммунистсем пулнă. Нумай çул хушши цехри парторганизаци секретарĕ пулнăран çакна çирĕплетсех калатăп.

Заводри парторганизаци пуçарнипе тата йĕркелесе пынипе ĕççынисен ĕç условийĕсене кăна мар, пурăнма, канма, сипленме пĕтĕм майсемпе те усă куратпăр. Пурăнмалли çуртсем, ача сачĕсем туса лартас, мунча-сауна уçас, столовăй-буфет ĕçне лайăхлатас ыйтусемпе те вĕçĕмсĕр тимленĕ.

Коллективра ĕçлекенсенчен чылайăшĕ ялтан тухнă, савăнпа та ял нуççине ялах чĕре сумĕнче тытатпăр. Хамăр предприятипе Шăмăршă тата Канаш районĕсенчи совхозсемпе колхозсем хушшинчи сыхăнăва тытса пырассине завод директорĕпе партбюро секретарĕ йĕркелесе пыраççĕ.

Çакăн пек лару-тăрура та экономикăри йывăрлăхсемпе рабочи класăн авангардне — коммунистсен партине айăпланипе килĕшме пултараймастăп. Паллах, улшăнусем кирлĕ. Вĕсем пулса иртеççĕ. Экономика реформине вĕçне ситиччен пурнăçа кĕртме нумай ĕçлемелле пирĕн. Халĕ, акă, аренда меслечĕпе ĕçлекен пĕррремĕш бригадăн ĕçне-хĕлне сăнаса тăратпăр. Пĕлетпĕр, [illegible] сеç сителĕксĕр, çĕнĕ хутшăнусене сармалла, аталантармалла.

Кĕскен каласан, сĕнетÿшĕн кĕрешÿ кашни ĕç вырăнĕнче пымалла. Çавăнпа халĕ эпĕ ĕçе пăрахас пулсан, хама çапăçура окопран тухса тарнă салтак вырăнне хурăп.

Н. СИФУРОВ.
Канашри «Строймеханика» завод контролерĕ.

### Тасату иртермелле

Парти авторитечĕ хавшасси ĕнер е эрне каялла пуçланман. Вăл процесс Ленин вилнĕ хыççăнах, Сталин унăн соратникĕсене пĕтерсе хурсан, демократипе уççăнлăха хĕссе лартсан, аталанусăр тапхăр вăхăтĕнче ĕçлеме пултарайман сынсем ăшă вырăнтан тухса ÿкесрен хăраса ваятка, хаклă парнесем парса пуçлăхсене йăпăлтатса пурăнма тытăнсан вăйлă аталанма пуçланă. Брежнев ирĕк панипе номенклатурăна лекнĕ «ĕçлĕ» сынсем халăхран уйрăм больницăсенче, санаторисенче сипленнĕ, тĕрлĕ сăмăллăхсемпе, пособисемпе, дефицитлă таварсемпе усă курса пурăннă. Çав бюрократсем ĕçхалăхне хисеплемен. Халăх пурлăхне, укçи-тенкине саратакансене хÿтĕленĕ, вĕсен киревсĕр ĕçĕсене тăрă шыв сине кăларакансене хĕсĕрленĕ.

Мĕн пытармалли, партие карьера тăвас шухăшпа кĕнĕ сынсем халĕ те чылай-ха. Çавăнпа тасату иртермелле, карьеристсене, ултавçăсене, ĕç вырăнĕпе тивĕçсĕр усă курса хăйсемшĕн çеç тăрăшакансене, общество пурлăхне хапсăнакансене парти ретĕнчен кăлармалла, партире çирĕп идейăллă сынсем çеç пулмалла. Вара парти авторитечĕ ÿсме пултарать. Халĕ большевикла шухăшлă сынсемех партире таса мар чунлă сынсем пулнăран партие кĕме тытăнса тăраççĕ.

Малашне партие илнĕ чухне сын хăйне йăлара мĕнле тытнине, халăх интересĕсемшĕн мĕнле тăрăшнине, йĕркесĕрлĕхсене пĕтерес ĕçе мĕнле хутшăннине те шута илмелле.

Пирĕн Чурачăкра 6 парторганизаци. Массăсем хушшинчи партипе политика ĕçне сĕнетсе вăйлатас тĕллевпе вĕсене координацилесе тăракан бюро туса хуни вырăнлă пулĕччĕ.

П. АРХИПОВ,
1942 çултанпа КПСС членĕ.
Сĕрпÿ районĕ.

### Усăсăр калаçу

Пĕррехинче пирĕн районти ЖЭУри парти членĕсен пухăвĕ хыççăн хăшпĕр çуртсенче пурăнакан сынсенчен çапла ыйтрăм:

— Эсир хăвăрăн ЖЭУри пуçламăш парторганизаци секретарĕ пирки мĕн калама пултаратăр?

— Пĕлместĕп, палламастăп та, — терĕ пĕри.

— ЖЭУра та организаци пур-и? — ыйтрĕ тепри.

Чăнах та, тĕлĕнмелле пулса тухать. Çуртсенче пурăнакансем чылайăшĕ ЖЭУри участок мастерне анчах пĕлеççĕ. Мĕншĕн-ха çапла? Паллă ĕнтĕ: ЖЭУри коммунистсен пуçарăвĕпе активлăхĕ çук.

Пирĕн участокри коммунистсем хăйсен пухăвне кашни уйăхрах пухăнаççĕ. Мĕн синчен кăна каласмасçĕ-ши унта. Ĕç дисциплини пирки те, хваттер укçине вăхăтра тÿлемен çынсемпе каласасси синчен те, çул ситмен ачасен канăвне йĕркелесси, идеологи ĕçне лайăхлатасси тата ытти синчен те. Анчах решени çырса çирĕплетессĕ те... манса каяççĕ. Тепĕр уйăхран каллех пухăнаççĕ те пĕтĕмпех çĕнĕрен çавăн çинченех калаçма пуçлаççĕ.

Çакăн пек йĕркесĕрлĕх тăваттăмĕш çул тăсăлать ĕнтĕ, анчах нимĕнле улшăну та çук. Ку вăл пуçламăш парторганизаци секретарĕ пулнă С. Котов лифтертан та нумай килнĕ.

Котов хăйшĕн çеç тăрăшма юратать. Йĕркесĕрлĕхсене пĕтерессишĕн кĕрешес вырăнне сав ĕçсене хăй хутшăнать. Акă, хăй 70 çул тултарнине ĕç вăхăтĕнчех паллă тума шутланă вăл. Çав тĕллевпе рабочисенчен пĕрер тенкĕ пухса лифтерсен пÿлĕмĕнче Л. Овчинникова лифтер илсе килнĕ спирта ĕçсе ларнă. Ĕç вăхăтĕнче сакăн пек хăтланни коммунистăн авторитетне, паллах, чакарать ĕнтĕ.

ЖЭУри ĕçсем япăхлансах кайнăччĕ. Тăватă çул хушшинче кунта 4 начальник улшăнчĕ. Рабочисем ĕçкĕпе иртĕхеççĕ, сынсем жалоба нумай çыраççĕ. Малтанхи начальник В. Романов хăйĕн ĕç вырăнĕпе усă курса мĕн кăна хăтланмарĕ пулĕ! Сывăх сынсене хваттер пама пулăшни те, ЖЭУра ĕçлемен сынна султалăкĕпех лифтер ĕç укçине тÿлесе тăни те, какай талонĕсемпе бензин улăштарни те...

Халĕ Романов ĕçĕ пирки следстви пуçланнă. Теприсем темиçе çул хваттер кĕтеççĕ, участок мастерĕ В. Григорьев вара пĕр султалăк ĕçленĕ пек пулсах хваттер илчĕ. Сакă ăна хăйĕн тăванĕ — трестри профком председателĕ Л. Михайлова коммунист пулăшмасăр пулман ĕнтĕ. Н. Алиева лифтер кăнтăр енче канма кайнă пулнă. В. Григорьев ăна 3 уйăх ĕçленĕ пек кăтартса нарядсем тăратнă. Романов пĕлсе тăрсах сав документсем çине алă пуснă. Выговорсем Григорьевăн пайăх, анчах та паян кун та Михайлова иккĕш хÿттипе ĕçре тытăнса тăрать.

5-мĕш ЖЭУра та йĕркесĕрлĕхсем пурччĕ. Вĕсене пĕтерес тесе парторганизаци секретарĕ нимĕнех те туман. Çитменлĕхсем пирки критиклленĕшĕн вăл мана хирĕç кĕрешме тытăннăччĕ.

Парторганизацисене çакăн пек секретарьсем ертсе пыни, коммунистсем хăйсене йĕркесĕр тытни пĕтĕм парти ятне яма çеç «пулăшаççĕ».

Паян партин мĕнле пулмалла тени сине эпĕ «КПСС-ăн çакăн пек сынсенчен май килнĕ таран хăвăртрах хăтăлмалла» тесе ответленĕ пулăттăм.

Н. ЯКОВЛЕВ.

### Икĕ суйлав хушшинче

## Тĕп вырăнта — наказсем

Вăрнартан Вăрманкаса, «Самолет» колхозăн тĕп усадьбине, асфальт сарнă çул илсе ситерет. «Паян кунĕпех çул хĕррине павильонсем вырнаçтартăмăр, ыран комисси килмелле. Автобус сÿретме тытăнасшăн, — терĕ Вăрманкас ял Совечĕн ĕçтăвкомĕн председателĕ В. Г. Павлов. — Иртнĕ çултанпа сак ыйтăва Канашри автотранспорт предприятийĕн руководителĕсемпе татса параймастпăр. Ялан тĕрлĕ сăлтав шыраççĕ: автобуссем çитмеççĕ, çул паллисем лартман имĕш...»

— Автобус сÿретессине наказа кĕртнĕ-и?

— Наказа кĕртмен. Çулне сес суйлавçĕсем ыйтнипе сартăмăр. Лайăх çулпа çуран утни килĕшет-и вара? Халăх ыйтать хистесех. Пăртас ял Совечĕпе пирĕн ял Советĕнчи 7—8 ял сыннисене районцентрне тухса сÿреме автобус кирлех. Ватă сынсен больницăна мĕнле ситмелле?

Çулĕпе самрăк-ха ĕçтăвком председателĕ, вырăнти Советра ĕçлеме тытăнни икĕ çул ытларах сес. Хăйне тыткаланинчен, каласнинчен вăл ял пуласлăхĕшĕн хыпса çунни уççăнах палăрать. Кĕске хушăрах Владимир Гермонович халăх хисепне кĕнĕ. Ялти темиçе сынран та «пирĕн Павлов тăрăшать-ха» тенине илтме тÿр килчĕ. Ку ахальтен мар. Çакна эпир иртнĕ суйлавра панă наказсене пурне те пурнăçланине курса ĕнентĕмĕр.

Колхозăн тĕп усадьбине пырса кĕнĕ çĕрте кирпĕчрен тунă çĕнĕ сурт-йĕр куç умне тухса тăрать. Сысна ферминчи витесене, ытти хуралтăсене икĕ суйлав хушшинче туса лартнă. Юнашарах — хăмла типĕтмелли, тырă тасатмалли комплекссем. Çавал урлă тимĕр-бетон кĕпер хывнă. Ĕне фермине çити асфальт çул тăсăлать.

Колхоз правленийĕпе вырăнти Совет ĕçтăвком тĕллевĕ пĕрре: самрăксене ялта çирĕплетсе хăвармалла, хуçалăха тĕреклетмелле. Çак задачăна пурнăçлама çурт-йĕр ытларах лартмалла, ĕçлеме тата канма условисем туса памалла. Икĕ суйлав хушшинче колхоз хăй вăйĕпе вунă çурт лартнă, тăхăр сынна щитран тунă çуртсем тупса панă, пĕлтĕр пилĕк колхозника çурт-йĕр саварма строительство материалĕсем парса пулăшнă. Кăçал тата вунçиччĕ семье çак пулăшупа усă курать.

Колхозниксен ĕç условийĕсене лайăхлатас тĕлĕшпе сахал мар ĕç тунă. Выльăх-чĕрлĕх фермисенчи йывăр ĕçсене механизациленĕ. Тĕп усадьбăра профилактори[illegible] Шкулти мастерской сĕ[illegible]

çирĕм çултан кам ĕçлĕ колхозра? Паллах, колхоза ертсе пыракансене те, ĕçтăвком руководителĕсене те шутлаттармасăр тăма пултараймасть çак ыйту. Çавăнпа вĕсем юлашки çулсенче социаллă пурнăç ыйтăвĕсене сивĕчрех лартма, сине тăрса татса пама пуçланă.

Социаллă ыйтусенчен ытларахăшĕ суйлавçăсен наказĕсемпе сыхăннă. Каларăмăр ĕнтĕ, ялсенче тивĕçлĕ канăва тухнă сынсем сахал мар. Хăшĕ-пĕрисене пăхса тăракан та, пулăшакан та çук. Пĕччен пурăнакансем кăна çирĕм вицĕ сын. Вĕсене шута илнĕ, кашни çулах вутăпа, утă улăмпа тивĕçтереççĕ, вăтам шкулти ачасем пырса пулăшаççĕ. Колхоз правленийĕпе ĕçтăвком ваттисен çуртне лартма хатĕрленеççĕ. Пĕччен пурăнакансен ыйтăвне тивĕçтерсе вырăнти столовăйра кондитер цехĕ уснă. Кукăль, тĕрлĕ йышши кондитер изделийĕсем хатĕрлесçĕ унта, сав продуктсемшĕн ватă сынсем район центрне кайса ан çÿреччĕр теççĕ.

Катăш — Вăрманкаспа юнашар ял. Урамĕсем сарлака, таса. Унта-кунта вутă-шанкă, кирпĕч, ытти материалсем купаласа хунине курмарăмăр. Ял сывăхĕнчех, вăрман хĕррипе, темиçе пĕве. Пĕри-таврă йăмрасем лартса тухнă. Суйлавçăсем ыйтнипе, наказа кĕртсе, пĕвесене юшкăнран тасатнă. Икĕ ял масарĕ çинче тирпейлĕ. Пĕри-таврă карта тытса саварнă. Унччен кивĕ сурта пăсса сĕннине тума тытăннă.

— Сак вырăна кĕрсе тухма кăмăллах марччĕ, — терĕ пире унта П. А. Андреев. — Халĕ, акă, тасатса тирпейлерĕмĕр.

Петр Андреевич хăй йĕрке тунă. Пывăççен хăрнă турачĕсене касса сунтарнă, картасене юсанă.

Колхозăн Катăш бригадинчи хĕрлĕ кĕтесне кĕтĕмĕр Суртра колхозлă ялăн пурнăçне аван куратăн: цифрăсем, ÿкерчĕксем, кăтартусем... Телефон лартса панă. Кунтах вырăнти Советсене суйлама тăратнă кандидатсемпе паллашрăмăр. Ял Советне суйлама, акă 33 кандидат тăратнă. 21 округ тăрăх. Хăшпĕрисем — хальхи депутатсем. Вĕсем — наказсене пурнăçлассишĕн, ял сыннисен пурнăçне лайăхлатассишĕн тăрăшса ĕçлекенсем. Илĕпĕр, акă, А. Н. Волков бригадира. Мăньял Хапăсра икĕ суйлав хушшинчи улшăнусем Александр Ивановнч тăрăшнипе пулнă. Пĕвесене тасатма, çулсене юсама, урамсене тирпей-илем кĕртме ялти суйлавçăсене активлă хутшăнтарнă вăл. Çак ялти [illegible]

### Сивĕч сигнал

## «Эсир çеç шăнмастăр...»

Эгер бульварĕнчи 27-мĕш çуртра пурăнакансене кăçалхи хĕл савăнăç кÿмерĕ. Уйă[illegible]

кăравлăр, ав, 2-мĕш ТЭЦа», — илтĕннĕ трубкăн тепĕр вĕçĕнчен Иван Иванович сасси.

ланнине тупса палартма, вы-
лашши тупăш илес тĕллев-
пе таварсемпе пулăшу ĕçĕ-
сен хакне тĕлсĕр ÿстерсе
янине тĕрĕслеме май парĕ.

## Орел

Январĕн 8-мĕшĕнче Совет Союзĕн В. И. Ленин ячĕпе хисепленекен Ача-пăча фондне почтăпа ярса панă куçару пĕр бланкĕ çинче 10 пин тенкĕ чухлĕ сумма палăртнă. Ăна Орел облаçĕнчи Должан районĕнчи «Вышне-Ольшанский» совхоз ярса панă. 24 сехете пынă Ача-пăча фончĕн телемарафонне пăхнă хыççăн Орел облаçĕнчи çак совхоз çыннисем чи малтан çĕр-шыври ачасене пулăшу памашкăн укçа ярса панă.

## Хинганск

Инçет Хĕвелтухăçĕнчи Хинганск поселокĕнчи ятарлă управленири сăрт-ту работникĕсем темиçе çула пынă хăйсен ĕçне километра яхăн çĕр таранăшĕнче вĕçленĕ. Январь пуçламăшĕнче вĕсем халĕ тăвакан «Капитальное — Глубокая» шахтăн тĕп пуркине туса пĕтернĕ.

## Ленинград

Ленинградри Н. И. Вавилов ячĕпе хисепленекен Пĕтĕм Союзри ÿсентăран наука-тĕпчев институтĕнче тĕлĕнмелле аукцион пулса иртнĕ: специалистсем иртнĕ çул шырав экспедицийĕсем илсе килнĕ тĕрлĕрен вăрлăх тĕслĕхĕсене хак панă. Вĕсем тĕнчери вуншар çĕршывра, пирĕн государствăри республикăсемпе облаçсенче пулса курнă, тымарçимĕç вăрлăхĕсене, тĕрлĕрен улма-çырла вăррисене, пĕрчĕллĕ тырпул тĕслĕхĕсене пухса килнĕ. Çак тĕслĕхсенчен чи лайăххисем институтăн Тĕнче флорин коллекцине пуянлатĕç.

## Минск

Белоруссси çыннисем массăллă кăларăмăн — эрнере пĕрре тухса тăракан «7 кун» информаципе проблемăсен кăларăмĕн пĕрремĕш номерне илнĕ. Белоруссси прессинче тунтикун хаçатсем тухмаççĕ, çавна май эрнере пĕрре тухса тăракан çак кăларăм информаципе тивĕçтерме пулăшмалла. Ăна Белоруссири телеграф агентстви тата БССР Министрсен Совечĕн информаци пайĕ кăлараççĕ.

## Тбилиси

Çак кунсенче Тбилисире уçăлнă тĕрĕсен выставкинче кÿнта курма килекенсем хăйсене килĕшекен экспонатсене туянма та пултараççĕ. Тĕслĕхсене хулари Художниксен суртĕнче тăратнă. Вĕсем искусство произведенийĕн шайне çитнĕ, кăмăл-туйăма савăнтарнисĕр пуçне, кил-çурта та илем кÿреççĕ.

малти ретре пырасси çинчен
çеç мар, халăхшăн, обще-
ствăшăн, коммунист ятне ти-
вĕçлĕ тытассишĕн те тăрăпи-

Заводри парторганизаци
пуçарнипе тата йĕркелесе
пынипе ĕççынисен ĕç ус-
ловийĕсене кăна мар, пурăн-

пур-и? — ыйтрĕ тепри.

Чăнах та, тĕлĕнмелле
пулса тухать. Çуртсенче пу-
рăнакансем чылайăшĕ ЖЭУ-

çасси çинчен те, çул сит-
мен ачасем канăвне йĕрке-
лесси, идеологи ĕçне лайăх-
латасси тата ытти çинчен те.
Анчах решени çырса çирĕп-

килнĕ таран хăвăртрах хă-
тăлмалла» тесе ответленĕ
пулăттăм.

Н. ЯКОВЛЕВ.



Пушкăрт АССРĕ. Урамра шартлама сивĕ тăрать. Стерлитамакри çăнавлă нефтьпе хими завочĕн хушма хуçалăхĕнчи выльăх-чĕрлĕх вара куллен ешĕл апат çиет. Вуншар делегаци килсе курнă ĕнтĕ Стерлитамака, вĕсем гидропоника çинче «ешĕл калча» çитĕнтермелли меслетпе интересленсе паллашаççĕ. Çак меслете Испанин «Элеусис» фирми туса хатĕрленĕ. Технологире тырă вăрлăхне тăпрасăрах, тутлăхлă хутăшсемпе усă курса çитĕнтересси тĕп вырăн йышăнать.

Испани специалисчĕсем пулăшнипе пухса лартнă установка куллен 10 тонна ешĕл апат туса илме май парать. Пĕтĕмĕшле илсен, гидропоника çинче çитĕнтерекен ешĕл калча сакăр талăк хушшинче, белоксемпе, углеводсемпе, витаминсемпе, гормонсемпе тата микроэлементсемпе пуянланса, 6 хут ÿсет. Çакă ĕне выльăх самăртнă чухне комбикормсемпе синтетика хутăшĕсене рационран йăлтах кăларма, сысна самăртас тата кролик ĕрчетес ĕçре вара çакнашкал хутăшсемпе усă курассине чылай чакарма май парать.

Установка операторĕ А. Платонов ешĕл калча пухса илет.

(ТАСС фотохроники).

### Çивĕч сигнал

## «Эсир çеç шăнмастăр...»

Этер бульварĕнчи 27-мĕш çуртра пурăнакансене кăçалхи хĕл саванăç кÿмерĕ. Уйăха яхăн ĕнтĕ кунти хваттерсенче ăшă 11—12 градусран çÿлерех хăпармасть. Акă, 46-мĕш хваттерте пултăмăр. Кил хуçи — Александр Иванович Шалыгин — нимĕн тума аптранă. Ленин районĕнчи 2-мĕш РЭУ работникĕсенчен темиçе хутчен пулăшу ыйтнă вăл, анчах усси çук. «Эпир хуть-мĕшăрпа иксĕмĕр çеç пурăнатпăр, ытти хваттерсенче пĕчĕк ачаллă çемьесем те пур вĕт»,— тет Александр Иванович.

52-мĕш хваттерте пурăнакан Валентина Петровнăпа Владимир Архипович Осинсем хваттере газ сунтарса ăшăтаççĕ, вĕсем те 2-мĕш РЭУ начальникĕн И. И. Ханявинăн телефонне канăç памасçĕ. «Сивĕпе нушаланакансем эсир çеç мар, мĕн пĕрмай шăнкăравлатăр кунта. Шăнкăравлăр, ав, 2-мĕш ТЭЦа»,—илтĕннĕ трубкăн тепĕр вĕçĕнчен Иван Иванович сасси.

Тинех усси пулатех, тесе шухăшланă Валентина Петровна, ТЭЦ пуçлăхĕ телефон трубкине тытсан. Çук, кăлăхах. Осинăна унтан каллех РЭУна «персе ывăтнă». Халăх депутачĕсен Шупашкар хула ĕçтăвкомне те пĕлтернĕ 27-мĕш суртра пурăнакансем хăйсем шăнса хытма пуслани çинчен. Унти юлташсем те çаплах хÿравланă: чăтăр, ытти çуртсенче те çавăн еврĕлех.

57-мĕш хваттерте пурăнакан Ершовсем те шăнса кÿтнипе чĕтресе лараççĕ. РЭУ работникĕсем, хула ĕçтăвкомĕн пуçлăхĕсем, 2-мĕш ТЭЦ хуçисем пулăшмасан, тата камран сăлăнăç кĕтмелле-ши Этер бульварĕнчи 27-мĕш çуртра пурăнакансен?

Н. СМИРНОВА.

туса памалла. Икĕ суйлав хушшинче колхоз хăй вăйĕпе вунă çурт лартнă, тăхăр çынна шитран тунă çуртсем туса панă, пĕлтĕр пилĕк колхозника çурт-йĕр саваăрма строительство материалĕсем парса пулăшнă. Кăçал тата вунçичĕ семье çак пулăшупа усă курать.

Колхозниксен ĕç условийĕсене лайăхлатас тĕлĕшпе сахал мар ĕç тунă. Выльăх-чĕрлĕх фермисенче йывăр ĕçсене механизацилене. Тĕп усадьбăра профилактори пур. Шкулти мастерской сĕнетнĕ, ачасене ĕçе хăнăхтарма тĕрлĕ йышши оборудовани вырнаçтарнă. Темиçе çул усăсăр ларнă котельнăй çуртне айлăлатса спортзал усĕнă.

— Кăçал ял Совечĕн территорийĕнчи клубсене юсаса çĕнететпĕр, — хăйĕн шухăшĕпе паллаштарчĕ ĕçтăвком председателĕ. — Çамрăксемшĕн ялта мĕн кирли пурте пултăр...

Çамрăксене ялта хăварассишĕн тимлесе ĕçлени ытахальтен мар. Ĕçтăвкомра эпир хăйне евĕр тĕпчев туса ирттертĕмĕр. Вырăнти Совет территорийĕнчи 1.600 çынран 400-шĕ ытла пенсионерсем. Урăхла каласан, пĕтĕм халăхăн пĕрре тăваттăмĕш пайĕ ватă çынсем. Малашне те ялсем хальхи пекех ватăлса пырсан, тепĕр вунă-

хутах магазин Советсене суйлама тăратнă кандидатсемпе паллашрăмăр. Ял Советне суйлама, акă 33 кандидат тăратнă. 21 округ тăрăх. Хăшпĕрисем — хальхи депутатсем. Вĕсем — наказсене пурнăçласси шĕн ял çыннисен пурнăçне лайăхлатассишĕн тăрăшса ĕçлекенсем. Шăнĕр, акă, А. Н. Волков бригадира, Мăньял Хаяйĕна икĕ суйлав хушшинче улăнусем Александр Иванович тăрăшнипе пулнă. Пĕвесене тасатма, çулсене юсама, урамсене тирпей-илем кĕртме ялти суйлавçăсене активлă хутшăнтарнă вăл. Çак ялти магазин заведующине Н. Н. Машковăна, Н. В. Васильев механизатора çынсемшĕн тăрăшнăшăн хисеплесçĕ. Аталантен мар ĕнтĕ вĕсене тепĕр хут вырăнти Советсен депутатне суйлама кандидата тăратнă. М. Е. Кузьмина пенсионерка, гараж заведующийĕ П. Н. Марков, колхоз председателĕ Н. А. Юткин депутатсем те суйлавçăсен шанăçне ĕçпе тÿрре кăларнă, хăйсене панă наказсене вăхăтра пурнăçланă

Çапла, икĕ суйлав хушшинче ялсенче сахал мар улшăнусем пулса иртнĕ. Çакă вырăнти Совет халăх шухăшкăмăлне шута илсе ĕçленинчен нумай килнĕ.

И. КЛЕМЕНТЬЕВ.
Вăрнар районĕ.

### Мĕнле пурăнатăн, кооператив?

## «НАДЕЖДА» ШАНĂÇ КӲРЕТ

Чăваш культури пирки сăмах тапратсан, пурте тенĕ пекех чĕлхе çине кусса калççĕ. Анчах тăван халăхăмăрăн культура шайне палăртакан-ни чĕлхе кăна мар-çке. Ку шута кĕпе-тумтир те, йăлайĕркесем те, халăхлĕха палăртакан ытти пулăмсем те кĕреççĕ.

Калăпăр, эпир паян чăваш кĕпе-тумтирне тăхăнна çынсене час-часах курма пултаратпăр-и? Шел пулин те, çук çав. Ялсенче чăваш йăли-йĕркипе ирттерекен туйшилĕкре çеç тухъя, сурпан тăхăнна туй арăмĕсене пăхса савăнатпăр. Арçынсем унта та чăваш тĕррилĕ кĕпе тăхăнасси пирки шутламаççĕ. Кăмăл пулсан та, ăçта-ха ун пек кĕпесем?

Пĕлтĕр пулнăччĕ-ха ку: санаторире узбек хĕрарăмĕпе паллашрăмăр. Сăпайлă та ăслăскер. Узбек юррисене юрласа пачĕ темиçе хутчен те. Эпĕ чăваш халăхĕн кĕввисемпе паллаштартăм.

— Шел, кунта сирĕн юрăсене çырса илме магнитофон çук, чăваш пластинкисене ярса параймăр-ши? — ыйтрĕ вăл сывпуллашнă чух.

Ыйтăва тивĕçтерме сăмах патăм. Тăван республикăн тĕп хулинче — Шупашкарта — музыкăпа сыхăннă кашни магазина ситрĕм. Тĕлĕнмелле: чăваш юрри-кĕввине çырса илнĕ пластинкăсем пĕрре те тĕл пулмарăм.

— Чылайранпа пулман ун пек пластинкăсем, — тесçĕ сутуçăсем. — Владимир Чекушкин юррисем пурччĕ, хăвăрт сутăнса пĕтрĕç.

Хамăрăн наци культурине палăртакан япала шыраса тетах малалла утатăп. Пывăç кашăк-сувенир пур — ун пеккине таçта та кăлараççĕ. «Чувашкабель» заводра çинçе пралукран пластина çине сыпăстарса чăваш писателĕ-классикĕсен портречĕсене ăсталанă. Анчах портретпа кăна унăн творчестви çинчен калаçа параймăн.

Чăваш тĕррисем патне çитрĕм те — чуна ăшă пулса кайрĕ. Тавтапуçах «Паха тĕрĕ» производство пĕрлешĕвĕнче ĕçлекенсене. Тăван республикăн патриочĕсем теме пулать, вĕсем пирки. Узбекистанри тусăм патне бандероль ятăм хайхи: йăлапулăшăвĕ паракан пунктра открыткăсем çине чăваш юррисене сыртартăм. «Паха тĕрĕ» пикисем эрешлекĕ сĕтел çивиттине те чиксе ятăм.

Малалла та сăмаха тĕрĕ ăстисем пирки тăсасшăн. Вĕсем туса кăларакан продукци миллионшар тенкĕпе висĕнет. Унта кăларнă изделисем кашни çемьерех пур, темелле. Тен, хăш чухне хамăрăн магазинсенче вĕсен изделийĕсем ытларах та çакăнса тăраççĕ. Анчах та республика тулашĕнчи тĕрлĕ регионсенче эрешлĕ кĕпетумтире хавасланса туянаççĕ. Акă, Польша Халăх Республикинчи выставкăра та алькешсен ĕçне пысăк хак панă. Ку продукци шутне тĕрĕ элеменчĕсемпе çĕлене платьесемпе кофтăсем, арсын кĕпчсем, ытти продукци кĕреççĕ.

Пĕрлешĕве авалхи тĕрĕ-эрешлĕ кĕпе-тумтир çĕлетме заказ парас текенсем нумай. Çав шутра — художество пултарулăх кружокĕсен членĕсем, фольклор ансамблĕсем. Нумай пулмасть Чăвашрадиопа телевидени хорĕ валли те кунта заказ панă. Кун пек заказсене производство конвейерĕ синче туса кăларма çук. Чăваш наци кĕпи-тумтирне пурин валли те пĕр пек çĕлесе параймăн. Унсăрăн ĕçпе юрă уявĕсенче пурте пĕр пек тумпа юрлĕç.

Халăх традицийĕсене малалла тăсас тесе, пĕрлешĕвĕн тĕп педприятийĕнче «Надежда» кооператив йĕркеленĕ. Унăн председателе пулма Алевтина Ивановна Михайлова инженер-конструктора уйăрнă. Надежда Федоровна Ильина художник-модельер та ăна пулăшма килĕшнĕ.

Пысăк мар кооператив, унта сакăр çын çеç. Вĕсен шутĕнче — ăста тĕрĕçесемпе çĕвçсем. Тепĕр енчен илсен, ĕç хыççăн сĕм сĕрлечченех канмалли кунсенче татах алла йĕппе çип тытса ларма пултаракансем. Çапла, кооператив членĕсем кунĕпе тăхăр сехет ĕçре пулаççĕ, каçсерен Шупашкарти Кăнтăр поселокри общежитире гасаççĕ. Вĕсене ĕçлеме вырăн унта уйăрса панă.

Ансат ĕç мар вăл, чăваш кĕпине тĕрлесси, çĕлесси. Кашни заказ валлиех сĕнĕрен модель туса хатĕрлемелле. Ку ĕçе пурнăçлама Надежда Федоровнăн хăш чухне уйăха яхăн иртет. Мĕншĕн тесен вăл та производствăран уйрăлмасăр ĕçлет. Ун хыççăн модель Алевтина Ивановна конструктор алли витĕр тухать. Анчах малашне те изделие çул пама çĕвĕçĕтĕреççсемпе юнашар пулма тивет. Мĕншĕн тесен кашни ÿкерчĕке — хăйне евĕр композици. Çип тĕсне те, хăюсемпе ытти хушма детальсен тытăмне те пĕтемĕшле ÿкерчĕке пăхăнса тумалла. Çавăнпа ĕçĕн хакĕ те йÿне лармасть. Тĕслĕхрен, хорта юрлакан хĕрарăмăн вăрăм кĕпи 200—250 тенке ларать. Кунта алĕç шайĕ пысăк пулнине шута илмелле.

Пĕлтĕр кооператив республикăри Культура министерствин «Уяв» ансамблĕ, Патăрьел районĕнчи «Гвардеец» колхозри художество пултарулăх коллективĕ, Шупашкарти 3-мĕш шкул-интернатри «Пилеш» ансамбль валли чăваш халăх тумĕ хатĕрлесе панă. Шупашкар районĕнчи Свердлов ячĕпе хисепленекен, «Искра» колхозсем те кунтах формăсем çĕлетнĕ. Заказ парас текенсем татах пур. Анчах кооператив членĕсен малашне ĕçлес кăмăлĕ чаксах пырать. Сăлтавĕ — каллех укçа-тенкĕ ыйтăвĕнче.

Пĕлетпĕр ĕнтĕ, продукци хăйхаклăхĕ тĕрлĕ факторсенчен килет. Ку кооператив та пир-авăрне туянать, çурт-йĕрпе, машинăсемпе усă курнăшăн аренда укси тÿлет. Кооператив членĕсене социаллă пулăшу памашкăн 12 процент тытса юлаççĕ. Тупăшран илекен налога районти финанс пайĕ 35 процент хурса панă. Çапла вара кооператив членĕсене ĕçшĕн тÿлеме укçа-тенкĕ юлмасть те темелле. Малашне те ĕçлес тесен, «Надежда» кооперативăн изделисен хакне татах ÿстерме тивет.

Коопераци çинчен калакан законра «тупăшран илекен налог калапăшне вырăнти условисене, кооператив епле продукци туса кăларнине шута илсе палăртмалла», тенĕ. «Укçа сапакан» ытти кооперативсенчен «Надежда» ĕçĕ-хĕлĕ пачах уйрăлса тăрать, вĕт-ха.

— Заказсем йышăнмастпăр, урăх тесе каласса татăлтăмăр ĕнтĕ эпир темиçе хутчен те — каласа парать Алевтина Ивановна. — Анчах кун пек заказсене урăх ниста та йышăнакан çук. Пăла пулăшăвĕ паракан системăри мастерскойсем кун пек продукцие пахалăхлă, наци традицийĕсене, чăваш тĕррин тытăмне пăхăнса туса кăлараймаççĕ. Заказсем йышăннă чухне хаксем пирки калаçу пуçарма та аван мар. Изделисен хакĕ çумне пире хушса панă налог суммине те кĕртме тивет. Унсăрăн пирĕнтен нихăшĕ те нимĕн чухлĕ те ĕçлесе илеймĕ.

Кооперативăн чĕртавар пирки çивĕч ыйту тухса тăнă. Унччен кĕпе çĕлемелли пир-авăра магазинта туяннă, хăш чухне «Паха тĕрĕ» пĕрлешÿ чĕртавар уйăрса панă. Тĕрлĕ хăюсене, ытти хушма элементсене те шыраса çÿреме тивет. Кĕçех кооперативăн вистан та материал илме май пулмасть. Фабрикăра планпа палăртнă продукци туса кăлармалли чĕртавартан уйрăм заказсем валли пир-авăр пачах уйăрса парасшăн мар. Магазинсенче те кооперативсене сутма пăрахаççĕ. Унсăр пуçне, тĕрлĕ учрежденисенчен чăваш тĕррилĕ чÿрече каррисем çĕлеме заказ парас текенсем çук мар.

Кирек епле кооперативсем пирки те «вĕсем нумай укçана хапсăнакансем» тесе каламă хăнăхрăмăр ĕнтĕ. Пыйăнас пулать, вĕсем хушшинче сакăн йышшисем чăннипех те сук мар. Çав вăхăтрах халăха сав тери кирлĕ ĕç тăваканнисем синчен те савăн пек калаçни килĕшсĕр. «Надежда» кооператив пурнăçлакан ĕçе урăх нимĕнле ушкăн та пурнăçлаймасть. Чăваш нацилĕхĕпе, унăн культурипе тата искусствипе сыхăннă ĕçе çул усса пама кăшт çеç тăрăшмалла. Республикăри Культура министерствин ку кооператива хăйĕн хÿттине илмелле. Вырăнти промышленность министерствин кооператива чĕртаварпа тивĕçтерме, унăн членĕсен йышне ÿстерме тивĕçлĕ мерăсем йышăнмалла. Тен, ятарласа «Надежда» валлиех фондпа материалсем уйăрса памалла? Паллах, ĕçри ăнăслăхшăн «Паха тĕрĕ» пĕрлешĕвĕн администрацийĕн те тимлемелле. Финанс пайĕнче тупăшран илекен налог суммине пĕчĕклетес ыйтăва тепĕр хут пăхса тухмалла. Ырă ĕçе путарса лартасси ансат. Анчах ăна тепĕр хут çĕклеме кайран кам вăй çитерĕ-ши?

...Нумай пулмасть Шупашкар районĕнчи Культура сурчĕн агитбригадин концертне курма тÿр килчĕ. Эрешлĕ чăваш тĕрилле кĕпесем тăхăнна артисткăсем тата хитререх курăнаççĕ. Чăваш юррисем те янăравланрах илтĕнни туйăнаççĕ.

— Ăçта туянтăр ку кĕпесене? — ыйтрăм концерт хыççăн.

— «Паха тĕрĕ» пĕрлешÿ сумĕнчи «Надежда» кооператив çĕлесе пачĕ, — хуравларĕ Маргарита Туринге солистка — Тавтапуçах вĕсене сакăншăн.

Кооператив ячĕ шанчăк суратнă пекех, манăн та çак творчествăлла ушкăна аталанма çул уçса парасса шанас килет...

Н. ЕРЖАКОВА.

*Лайăх çынсем çинчен*

# ЛАРСА КАНМА ВĂХĂТ ÇУК

Виктор Владимирович Свешникова чылайранпа пĕлетĕп. Çамрăксем ĕçпе вăрçă ветеранĕсемпе тĕл пулнă чухне, комсомол конференцийĕсенче пĕрре çеç мар итленĕ эпĕ ăна.

Хальхинче вăл хăйĕн сăмахне Етĕрнери икĕ сыпăклă шкул çинчен аса илнинчен пуçларĕ:

— Атте, унччен маларах вулăс правленийĕнче ĕçленĕскер, эпĕ çиччĕре чухнех çĕре кĕчĕ. Çавăнпа мана хутла вĕренме çăмăл пулмарĕ. Çемьере ултăннăчĕ эпир. Ĕçлекенни вара анне кăна. Граждан вăрçи вăхăтĕнче уйрăмах йывăр килчĕ. Анне çырма-вулама пĕлекен çын уссине лайăх пĕлнĕ. Çавăнпа мана хутла вĕрентессишĕн нумай тăрăшрĕ. Етĕрнере вунпĕр çул вĕрентĕм. Çав хушăра комсомола кĕтĕм, РКСМ хула комитечĕн секретарĕнче ĕçлерĕм, РКСМ Етĕрне уес комитечĕн пионер вожатăйĕ пултăм. Çирĕммĕш çулсенчи çамрăксене хальхисемпе ниепле те танлаштараймастăн. Те ку çĕнĕ пурнăç тăвассишĕн хавхаланса пурăннинчен, те ун чухнехи яш-кĕрĕм чунĕпе хĕрӳллĕрех пулнинчен килнĕ. Халĕ çирĕплетсе калаймастăп ĕнтĕ. Вăл та, ку та пулнă пулĕ. Политикăпа культура мероприятийĕсем кашни кун тенĕ пекех ирттернĕ...

— Виктор Владимирович, эсир экономика техникумĕнче вĕреннĕ чухне комсомол ĕçне хутшăннă-и? — ыйтатăп ăна пӳлсех.

— Пĕр мухтанмасăр калатăп: çамрăк ĕмĕрĕм Ленинла комсомолпа тачă çыхăннă. Техникумра пĕлӳ илнĕ çулсенче ача суртĕнче воспитатель пулса ĕçлерĕм.

Хисеплетĕп аслă ăру çыннисене — комсомол ĕçĕнче пулнисене. Вĕсем çамрăксене лайăх пурнăç тума хавхалантарса пынă-çке. Пĕтĕм вăй-хала, пĕлĕве парса тăрăшнă, кĕрешнĕ. Тен, çавăнпа-и, Виктор Владимировичпа часах пĕр чĕлхе тупрăмăр.

Пытарма кирлĕ мар, хальхи вăхăтра колхозсем çине урăхларах пăхма пуçларĕç. Вĕсене тумалла пулман, текенсем те пур. Виктор Владимирович вара çирĕммĕш çулсем пирки çапла аса илет:

— Эпĕ, Чăвашпроизводсоюз текен организацире ĕçленĕ май, ялхуçалăх артелĕсемпе юлташлăхсем тата каярахпа колхозсем тăвас ĕçе тӳрремĕнех хутшăнтăм. Паянхи куçпа пăхсан, чăнах та, 50—60 çул каяллахи çитменлĕхсене лайăх асăрхатăн. Ун чухне вара хăш çулпа каймаллине никам та тĕп-тĕрĕс калайман. Çав вăхăтрах çĕннине те шыранă. Сăмахран, колхоз юхăмĕ пуçланиччен артельсене ытлашши пысăклатма тытăнчĕç. Ку вĕсене юхăнтарса яма пултарнине ăнланса илнĕскер, çак ыйтупа парти пухăвĕнче тухса каларăм... Астăватăп-ха, мана Вĕрнар тата Йĕпреç районĕсенчи коммунăсене тĕрĕслеме ячĕç. Хальхи çамрăксем вĕсем мĕн иккенне пĕлмеççĕ те пулĕ. Коммунăсенче ĕç хатĕрне пĕрле тытнă, ялхуçалăх продукцине пурте пĕрле ĕçлесе туса илнĕ. Уйрăм хуçалăхсенче вара кашни хăйсен çĕрĕ çинче ĕçленĕ, хăйĕн ĕç хатĕрĕпе усă курнă. Коммунăсене лайăхрах çĕрçем паратчĕç. Вĕсене ертсе пыма чылай вĕреннĕ çынсене шанатчĕç. Эпĕ пĕлнĕ тăрăх, çӳлерех асăннă районсенчи коммунăсем артельсенчен нимпех те уйрăлса тăман. Чăннипе вара пĕрремĕшсем иккĕмĕшсенчен лайăх енĕпе нумай уйрăлса тăмалла пулнă. Кунпа мĕн каласшăн-ха? Коммунăсене ячĕшĕн йĕркелени те пулнă. Эпĕ коллективлă хуçалăхсем пысăк усă кӳресси пирки халăха нумай ăнлантарнă. Анчах, колхоза кĕртес тесе, хресченсене ирĕксĕрлемен, хăратман. Чăн та, районсенче тӳнтерле тĕслĕхсем те пулман мар.

Вăтăрмĕш çулсенче Виктор Владимирович, паха вĕрлăх туса илес тата ăна сарас тĕлĕшпе ĕçлесе, инструктортан начальнике çитнĕ. Çивĕч ыйтусене татса пама ăна ВКП(б) обкомĕн секретарĕ пулнă С. П. Петров нумай пулăшнă. Пурнăç пăтранăвĕ Свешникова та çавăрса кĕрсе кайнă. 1938 çулта ăна ĕçрен хăтарнă. Пĕр хушă ĕççĕр пурăннă хыççăн аран-аран суту-илӳ банкне вырнаçать. Строительствăри çитменлĕхсене пĕтерес тĕлĕшпе тимлĕ тăрăшать.

Кĕçех Аслă Отечественнăй вăрçă пуçланать. 1942 çулта В. Свешников фронта тухса каять. Сталинграда хӳтĕленĕ çĕре, Курскпа Орел пĕккинчи хаяр çапăçусене хутшăнать. Икĕ Хĕрлĕ Çăлтăр тата I степень Отечественнăй вăрçă орденĕсем, медальсем унăн фронтри паттăрлăхĕ çинчен ĕнентерӳллĕн каласа параççĕ. В. Свешников сержант çĕнтерӳпе Берлинта кĕтсе илнĕ.

Вăрçă хыççăн Виктор Владимирович республикăри статистика управленийĕнче ĕçлеме тытăннă. Çав вăхăтрах общество ĕçне хастар хутшăннă.

Тивĕçлĕ канăва кайнăранпах вăл — В. И. Ленин музейĕн Шупашкарти филиалĕн совечĕн членĕ. Пĕр мероприятирен те пăрăнса юлмасть. Çĕршер лекципе калаçу ирттернĕ. Комсомолецсемпе, çамрăксемпе сахал мар тĕл пулнă, вĕсене республика, ВЛКСМ, КПСС историйĕпе паллаштарнă, В. И. Ленин пурнăçĕпе ĕçĕ-хĕлĕ çинчен каласа панă. Ӳссе пыракан ăрăва патриотла тата интернационалла воспитани парас ĕçре чăннипех те ырă тĕслĕх кăтартать вăл.

Сакăрвун пиллĕкре ĕнтĕ хисеплĕ ветеран. Çулĕсене пăхмасть, халăх хушшинче куллен пулать: рабочисемпе, шкул ачисемпе тĕл пулать.

— Ĕненетĕр-и, ĕненместĕр-и те, ларса канма вăхăт çук ман,— тет вăл, ăшшăн кулса.

Ӳссе пыракан ăрăва коммунизмла воспитани парас, марксизм-ленинизм вĕрентĕвне ĕç-çыннисем хушшинче сарас тĕлĕшпе хастарлăх кăтартнăшăн, обществăпа политика ĕçне активлă хутшăннăшăн В. В. Свешникова икĕ хутчен Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн Президиумĕн Хисеп грамотипе, çавăн пекех Ленинла Хисеп грамотипе наградăланă, ытти майпа чысланă.

**Ю. МИХАЙЛОВ.**

Ӳкерчĕк çинче: В. В. Свешников.

Б. Иванов фотоӳкерчĕкĕ.

---

ПИРЕН çĕршывра право государстви туса хурас тĕлĕшпе тĕллевлĕн ĕçлеççĕ. СССР Верховнăй Совечĕ çĕнĕрен те çĕнĕ законсем йышăнать. Общественность пуçарăвĕпе иртнĕ çулхи июньте СССР Юристсен союзне туса хунă. Çавна май унăн подразделенийĕсене вырăнсенче те йĕркелеме сĕннĕ.

Виçĕмкун Шупашкарта, Чăваш АССР Шалти ĕçсен министерствин Культура çуртĕнче, республикăри правăна тытакан органсен представителĕсен учредительнăй конференцийĕ пулса иртрĕ. Ăна оргкомитет председателĕ, Чăваш АССР юстици министрĕн заместителĕ В. М. Порфирьев уçрĕ. Вăл, М. С. Заславский юриста пĕрле, Пĕтĕм Союзри учредительнăй съезд ĕçне делегат пулса хутшăннă.

Конференцире «Защита» кооператив председателĕ [illegible]

---

● *Армение—тăванла пулăшу*

## ÇĔНЕЛЕТ КИРОВО ПОСЕЛКĔ

Пирĕн республикăри ялти строительсем Арменири çĕр чĕтреннипе пысăк инкек тӳснĕ районта ĕçлеме тытăннăранпа иккĕмĕш çул çине кайрĕ. «Чувашспецстрой» трестăн Степанаванти мехколонни ĕç калăпăшне ӳстерсех пырать.

— 1989 çулта «Победа» колхозри армян хресченĕсем валли 25 çурт туса лартнă. Йĕпреçре тата Кирере хатĕрленĕ конструкцисенчен пухнă виçшер хваттерлĕ йывăç çуртсене вĕсен хуçисем пысăк хак параççĕ, — тет «Чувашагропромстрой» пĕрлешӳ совечĕн председателе Э. Аблякимов. — Пирĕн строительсем пĕлтĕр 1,1 миллион тенкĕлĕх ĕçленĕ.

Кăçалхи тĕллев — пĕр миллион та 200 пин тенкĕлĕх строительствăпа монтаж ĕçĕсем тăвасси. Объектсем паллă. Кирово поселокĕнче тыра тата çĕрулми хумалли хранилищĕсем, 400 пăру усрамалли вите тумалла. Тĕп ĕçсем çуркунне пуçланаççĕ.

**А. НИКОЛАЕВ.**

---

# КОНКУРСА КИЛНĔ ПЬЕСĂСЕМ ТАВРА

## çуралнă хăшпĕр шухăшсем

Республикăри театрсемпе çĕршер драма кружокне пулăшас тĕллевпе (пьеса вулама юратакансем валли те, паллах) пĕлтĕр, 89-мĕш çул пуçламăшĕнче, Чăваш АССР Культура министерстви, Писательсен союзĕ, Театр деятелĕсен союзĕ [illegible] шӳ тетпĕр пулсан, литература —этем кунçулĕн виçесĕр каткăс тĕнчи. Драматургире çав кĕрешӳ вăйĕ питĕ çивĕччĕн, витĕмлĕн уçăлмалла. Уйрăм характерсем, лару-тăру уçă. Кашни пьесăрах кирлĕ ку. Мана та, хăшпĕр критиксем пе[illegible] марччĕ. Хăшпĕр аппаратчиксем, ăшă вырăнта пуçпулса ларакан кăçăр сăмсасем; пуш парапписем шăп та шай партти чысне вараласçĕ те. Хамăр пурнăçа çĕнетсе улăштарма чăрмантараççĕ. Çавăн пек çынсене пьесăсенче [illegible] Çакна питĕ шута илесчĕ. Тепĕр автор хăш чухне кӳренсе калаçасшăн: «Эпĕ хампа чăн пулнине çырса кăтартрăм. Чăн пулнине! Эсир ĕненместĕр». Ĕненетпĕр пуль те... Ака пысăк тĕслĕх: Сталин саманинче [illegible]

---

# УРĂХ ÇĔРШЫВСЕНЧЕ

## Çĕнĕ парти туса хунă

БУХАРЕСТ, январĕн 16-мĕшĕ. (ТАСС корр.). Январĕн 15-мĕшĕнче Наци çăлакан фронт совечĕн декречĕпе килĕшӳллĕн Бухарестри муниципалитет сучĕ Румынири социал-демократсен партине (СДПР) регистрациленĕ: «Мĕнпур румынсене, мĕнле раса çынни, хĕрарăм е арçын пулнине тата мĕнле нацирен тухнине, мĕнле тĕне ĕненнине пăхмасăр пурне те йышăнакан парти» — çак сăмахсене парти программин пĕрремĕш пунктне кĕртнĕ.

«Адевэрул» хаçатра пичетленсе тухнă программăра çапла калана: Наци çăлакан фронта çĕршыври социаллă пурнăçпа экономикăри лару-тăрăва йĕркелес, Румыни обществинчи мĕнпур вăйсем хушшинче демократилле диалога аталантарма условисем туса хурас тĕлĕшпе ĕçлеме пур енлĕн пулăшассине СДПР членĕсем хăйсен чи пирвайхи задачи тесе шутлаççĕ.

---

## Министерствăна штурмланă

БЕРЛИН, январĕн 16-мĕшĕ. (ТАСС). Государство хăрушсăрлăх министерстви пулнă çуртра çĕршер пин маркăлăх сиен кӳнĕ, пĕлтерĕ Берлин президент-полицайĕ Дирк Бахман генерал-майор. Тунтикун каçхине ГДР столицинчи демонстрантсем çак министерствăн тĕп резиденцине штурмланă тата унти япаласене пĕтĕмпех аркатнă. Çав кунхине çĕрле пулса иртнĕ пресс-конференцире гражданла комитетсен тата правительствăн наци хăрушсăрлăхĕн ведомствине салатса ярас тĕлĕшпе ĕçлекен комиссийĕн представителĕсем, çавăн пекех халăх полицийĕпе çар прокуратурин представителĕсем демонстраци çинчен тата ун хыççăн министерство суртне мĕнле тытса илни çинчен каласа панă.

Çынсене вĕлерессинчен тата йывăр суранлатассинчен хăтарас тесе гражданла комитетсен представителĕсем, мирлĕ демонстрацисемпе оппозицири ушкăнсем, Ханс Модров премьер-министр тата халăх полицийĕ пĕлсе, пысăк тимлĕхпе тата тӳсĕмлĕхпе ĕçленĕ, пĕлтерĕ генерал-майор Д. Бахман.

---

## Каира пынă

КАИР. (ТАСС). Палестина ирĕклĕхĕшĕн кĕрешекен организаци ĕçтăвкомĕн председателĕ Ясир Арафат Египет столицине пынă. МЕНА агентстви пĕлтернĕ тăрăх, аэропортра ăна Египет Араб Республикин ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕн заместителĕ, Египет президенчĕн политика канцелярийĕн начальникĕ Усама Аль-Баз тата Египетăн официаллă ытти представителĕсем, çавăн пекех ООПăн Каирти представителĕ кĕтсе илнĕ.

Юлашки эрнере Ясир Арафат Египета иккĕмĕш хут пынă. Египетпа Палестина хушшинчи хутшăнусем анлă сарăлма пуçланине вырăнти политикăллă ушкăнсенче США, Израилĕн тата Египет Араб Республикин ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕсем çывăх вăхăтрах Вашингтонра тĕл пулма хатĕрленнипе çыхăнтараççĕ. Тĕлпулура Палестинăпа Израиль хушшинче калаçу ирттерес ыйтăва татса парасшăн.

Сăмах май каласан, юлашки кунсенче Израиль кабинетĕнче Палестина ыйтăвне татса парас тата Çывăх Хĕвелтухăçĕнчи хирĕçӳсене пĕтерес пирки хирĕçӳсем вăйланса çитнĕ.

---

## Г. Фаракос пĕлтерни

АФИНЫ. (ТАСС). Эпир ăнланнă тăрăх, социализмăн демократипе уйрăлми тачă çыхăнмалла, тенĕ Грецири компартин Центральнăй Комитечĕн Генеральнăй секретарĕ Г. Фаракос. Совет Союзĕнче тата Хĕвелтухăç Европăри çĕршывсенче пулса иртекен улшăнусем çинче чарăнса тăна май вăл çав событисем Грецири компарти членĕсенчен нумайăшне çав тери тĕлĕнтернине палăртнă. Эпир кăткăс та йывăр лару-тăрура пурăнатпăр, тенĕ КПГ лидерĕ. Çакăнпа усă курса, тăшмансем партие тата социализма тапăнма хăтланаççĕ.

Грецири компартии партирĕ шалти демократие аталантарса пырĕ, пĕтĕм обществăпа уççăн калаçĕ, тенĕ Г. Фаракос. Пирĕн çĕршывр коммунистсем хăйсем миршĕн тата Грецие малалла аталантарассишĕн кĕрешнипе мухтанаççĕ. Пирĕн çĕршывра ырри мĕн пур, çакă пĕтĕмпех компартипе çыхăннă, тенĕ Грецири коммунистсен руководителĕ.

---

## Çыхăну тытас тĕллевпе

НОЙС (Çурçĕр Рейн-Вестфали Çĕрĕ). (ТАСС). Хĕвеланăç Германири Нойс хулин ратушин çурчĕ çинче темиçе кун ĕнтĕ Совет Союзĕн ялавĕ вĕлкĕшет. Нумаях пулмасть иртнĕ вăхăтра çакă çынсене чăннипех тĕлĕнтернĕ пулĕччĕ. Анчах халĕ тĕлĕнекен çук: кунта Псков хулин делегацийĕ çыхăну йĕркелесе ярас тĕллевпе килнĕ.

Çак визит ĕçлĕ визит пулнине палăртмалла, тенĕ ТАСС корреспондентне Нойс хулин обербургомистрĕ Бертольд Райнарцт. Икĕ хула килĕштерсе ĕçлемелли программа йышăнчĕç. Çав программа тăрăх çыхăну тытмалли конкретлă формăсем палăртмалла, пĕрпĕрин патне делегацисем, çамрăксен ушкăнĕсене, спорт командисене, художество пултарулăх коллективĕсене ямалла. Псковран килнĕ хăнасем пирĕн шкул ачисене çулла хăнана пыма чĕнчĕç. Икĕ хулари ачасем пионер лагерĕсенче пĕрле канма шутлаççĕ, тенĕ обербургомистр.

---

## Малтанах пĕлнĕ

МАНИЛА, январĕн 16-мĕшĕ. (ТАСС). Филиппинра декабрĕн 1-мĕшĕнче Корасон Акино президента хирĕç çар переворочĕ тума хатĕрленни çинчен Пĕрлешӳллĕ Штатсем малтанах пĕлнĕ. Пăлхав пуçланиччен маларах США ноябрĕн 27-мĕшĕнче Манилара Кăнтăр Азири тата Кăнтăр-Хĕвелтухăç Азири çĕршывсен тĕп семинарне ирттерессине нимĕн аплантарса тăмасăр парахаçлана. Семинарта уйрăмах хăруша наркотиксемпе усă курнине хирĕç кĕрешес ыйтăва пăхса [illegible] пулнă. Семинара [illegible]

---

## Политикăллă лару-тăру йывăр

ПАРИЖ, январĕн 15-мĕшĕ. (ТАСС). «1939—1940 çулсемпе Сопротивлени тапхăрĕсĕр пуçне Францире коммунизма хирĕçлĕ кампани хальхи пек вăйланса çитни пĕрре те пулман», — тенĕ çĕршыври политикăллă лару-тăру пирки Францири коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн секретарĕ Гастон Плиссонье. «Юманите» хаçатра пичетленсе кăларнă статьяра вăл çапла çырать: социализмлă çĕршывсенче, уйрăммăн илсен, Румынире пулса тăнă йывăр лару-тăру [illegible] чĕн секретарĕн шухăшĕпе, Францире коммунизма хирĕçлĕ юхăм вăйланин сăлтавĕ — «псиçиххисене хытармалли» политикăна пула сыхтамри вăйсем тата социалистсем умне тухса тăнă йывăрлăхсем. Çакна пула сулахай вăйсем [illegible] правительствăна хутăлеççĕ, [illegible] партисен руководствисем [illegible] кайнă. Çакăн пек условисенче компарти политики тата унăн ĕçĕсем миллионшар çын чун-чĕринче шанăç çуратаççĕ. Шăпах çавăнпа пĕтерес [illegible] хураççăн та ĕнтĕ компартие [illegible]

та, Чăваш АССР Шалти ĕçсен министерстви Культура çуртĕнче, республикăри правăна сыхлакан органсен представителĕсен учредительнăй конференцийĕ пулса иртрĕ. Ăна оргкомитет председателĕ, Чăваш АССР юстици министрĕн заместителĕ В. М. Порфирьев уçрĕ. Вăл, М. С. Заславский юристпа пĕрле, Пĕтĕм Союзри учредительнăй съезд ĕçне делегат пулса хутшăннă.

Конференцире «Защита» кооператив председателĕ

# ВĂЙСЕНЕ ПĔРЛЕШТЕРСЕ

### *Чăваш АССР Юристсен Союзне туса хунă*

А. И. Петров Чăваш АССР Юристсен союзĕн çитес 3 çулхи тĕп çул-йĕрĕсем çинчен доклад туса пачĕ. В. М. Порфирьев çĕнĕ Союзăн уставĕн проекчĕпе паллаштарчĕ. Делегатсем программăпа устава тĕплĕн сӳтсе яврĕç. Ун хыççăн Чăваш АССР Юристсен союзĕн примерлă уставне йышăнчĕç.

Докладчиксем те, тухса калаçакансем те çакна палăртрĕç: çĕнĕ Союзăн тĕп тĕллевĕ юристсене социализмла право государстви туса хурас тата аталантарас ĕçе активлăрах хутшăнтарасси пулса тăмалла. Уставпа килĕшӳллĕн, Юристсен союзĕ — республикăри юристсен пĕтĕмĕшле интересĕсене пĕрлештерекен ирĕклĕ обществăлла организаци. Унăн тĕп задачисем — Союз членĕсен профессии шайĕпе право культурине ӳстересси, юристсен пĕрлехи шухăш-кăмăлне палăртасси, халăха право пĕлĕвĕ парас ĕçе хутшăнасси, Союзăн законлă прависене хӳтĕлесси, ытти республикăсемпе облаçсенчи юристсемпе тата вырăнти обществăсемпе, союзсемпе çыхăну йĕркелесе ярасси тата ыт. те. Союз уставĕпе программине йышăнакан, взнос тӳлекен юристсем кăна Союз членĕ пулма пултараççĕ.

Горький облаçĕнче Юристсен союзне çулталăк каяллах туса хунă. Унăн ĕçĕ-хĕлĕ çинчен делегатсене Союз председателĕн заместителĕ В. Ф. Попов каласа пачĕ.

Конференцире Чăваш АССР Юристсен союзĕн ертсе пыракан органĕсене — правлени (13 çынран) тата ревизи комиссине (5 çынран) суйларĕç. Союз председателĕ пулма 4 кандидатура сĕнчĕç. Ытларах сасăпа Чăваш АССР Юристсен Союзĕн председателĕ пулма Шупашкар хулинчи Калинин райĕçтăвкомĕн шалти ĕçсен пайĕн начальникĕн следстви енĕпе ĕçлекен заместительне Михаил Сергеевич Заславские суйларĕç.

**В. РЫБКИН.**

# КОНКУРСА КИЛНĔ ПЬЕСĂСЕМ ТАВРА

## çуралнă хăшпĕр шухăшсем

Республикăри театрсемпе çĕршер драма кружокне пулăшас тĕллевпе (пьеса вулама юратакансем валли те, паллах) пĕлтĕр, 89-мĕш çул пуçламăшĕнче, Чăваш АССР Культура министерстви, Писательсен союзĕ, Театр деятелĕсен союзĕ çĕнĕ пьесăсен конкурсне уçрĕç. Çав конкурса халиччен пичетленмен, театрсенче лартман драмăллă произведенисене памалла пулнă. Вăл декабрьте хупăнса, итогĕсем кăçалхи январь тĕлне уçăлмаллаччĕ. Пулаймарĕ. Конкурса майăн 1-мĕшĕччен тăсма шухăшларĕç. Эппин, çĕннисене çырма та, киввисене юсаса тепĕр хут тăратма та авторсен вăхăт пур-ха.

Чи малтан пьесăсем сахал килни пăшăрхантарать — 23. Питĕ сахал ку. Тен, драматургсем, хăшĕ-пĕрисем ĕçĕсене вĕçлеме ĕлкĕреймерĕç пуль — драматурги жанрĕ литературăра йывăр жанр шутланать. Тепле пулсан та, çĕнĕрен пьесăсем татах çураласса шанас килет. Вăхăчĕ çавнашкал: трагеди, драма, сатирăллă комедисем çырăнмалли самантсем çитрĕç.

Мĕн пуррисене тĕплĕн вуласа тухнă хыççăн (пьеса авторĕсем камне никам та пĕлмест — девизпа) опытлă писательсен, критиксен чылайăшĕн кăмăлĕ çырлахаймарĕ. Манăн та пăлхантаракан хăшпĕр шухăшсем çуралчĕç. Мĕншĕн? Малтанах конкурс драматургсен умне мĕнле тĕллев лартнине аса илер-ха: писателĕн тăван республикăн çитмĕл çул хушшинче утса тухнă çулне-йĕрне уçса пама тăрăшмалла. Паллах, хăй лайăх пĕлнине, хăй туйнине хăйĕн тавракурăмĕ, ăсталăхĕ витĕр кăтартма тивет унăн. Урăхла май çук.

Республика утса тухнă çулсем, пĕлетпĕр, питĕ кăткăс пулнă. Çынсен пурнăçĕ пĕрре те лăпкă юхăмпа пыман, ырри те пулнă, тамаши те, куççулĕ те пайтах лăсканă пире. Çапах ĕççыннин çак тарана çитсе хăй пĕлнĕ пек пурнăç тунă. Куç умĕнче ку. Нушасăр, тертсĕр, тен, пĕр кун та иртмен пулĕ, апла пулин те, паян эпир ĕнерхисем мар, ĕнер-висĕм кунхисем мар. Малаллах утатпăр.

Кирек епле пьесăра та Этем сăнарне уçмалла. Çынпа çын нихăçан та пĕр пек пулман: характерĕсем те, тĕллевĕсем те, ĕмĕчĕсем те, хăтланăшĕсем те — кашнин расна. Самани сплерех пулнине пĕлетпĕр, влаçра тăраканнисен чунсăрлăхне те, йăнăшĕсене те курнă. Çапах пĕрисем тем пек кукăртсан та кукăрăлман, теприсем тӳсеймесĕр хуçăлса ӳкнĕ, пĕрисем чăплăхшăн кĕрешсе вăхăтсăр çĕре кĕнĕ, теприсем çултан çул «майлаштарса», «шарламасăр» пурăнма хăнăхса пынă, «алла алă çунă». Тата теприсем — сутнă та, социализм идеалĕсене те сутнă.

Пурнăç пĕр вĕсĕмсĕр кĕрешӳ тетпĕр пулсан, литература — этем кунçулĕн виçесĕр кăткăс тĕнчи. Драматургире çав кĕрешӳ вăйĕ питĕ çивĕччĕн, витĕмлĕн уçăлмалла. Уйрăм характерсем, 'лару-тăру урлă. Кăщни пьесăрах кирлĕ ку. Мана та, хăшпĕр критиксем пекех, пĕр пысăк шухăш канăç памасть: чăн пурнăçăн хăватлă аваăрне кĕрсе курайнă-ши эпир çак тарана çитсе? Эпир — драматургсем? Авăра лекме хăрушă, ниçе те тухаймăпăр тесе, пăрăнарах, ăшăхрах çĕрмарччĕ. Хăшпĕр аппаратчиксем, ăшă вырăнта пуçпулса ларакан кaçăр сăмсасем, пуш параппансем шăп та шай парти чысне вараласçĕ те. Хамăр пурнăçа çĕнетсе улăштарма чăрмантараççĕ. Çавăн пек çынсене пьесăсенче питлесчĕ! Аставатăп-ха: райкомăн пĕр-пĕр инструкторне е секретарьне пьесăра критиклесенех — «Эсĕ парти çине алă çĕклетĕн!» тесе хăрататчĕç пире. Ун пек вăхăт иртсе кайрĕ пуль. Тен, иртмен? Эппин çавна та кăтар-

### ПИСАТЕЛЬ ТРИБУНИ

те ишмен-ши эпир ку таранччен? Хаяр хумсенчен харасарах?

Эпир ытларах ыррине курма тăрăшнă. Ырришĕн хĕпĕртенĕ, ăна хамăр тунă-çке! Эппин çавăн çинчен çырмалла та! — тесе вĕрентнĕ пире пирĕн идеологсем. Хăш чухне хурана — шурă, тесе те калаттарнă пире, хурчăкана кайкăр тесе те ĕнентернĕ. Эпĕ хамăн пурнăçра мĕн чухлĕ хăмпă, тулли пучахлă ăна çинче çӳлерех каçăрăлса тăракан пуш пучаха курман-ши? Шухăшлатăп та — ма çырас мар паянхи драматургсен çавăн çинчен пĕр-пĕр трагеди е сатирăллă комеди?! Иртнĕ пурнăçăн, хальхи пурнăçăн асар-писерĕ тавра тĕплĕнреххĕн шухăшласа куçа уçма вăхăт мар-ши алла ручка тытрăмăр пулсассăн? Чăнах, конкурсри пьесăсене вулатăн та авторĕсем мана чылайăшĕ ут кĕтӳнчи тăлланă лашасене аса илтереççĕ: чĕрере вăй пур — чупма мехелĕ çук. Çак тăлăсене салтса ывăтмалла мар-ши? Мĕн пулса тухĕ — куç курĕ унта. Атту ытла та асăрханма хăнăхнă эпир: «Хытăрах каламарăм-ши?», «Парти пуçлăхĕсене кӳрентермерĕм-ши?» Мĕн ĕлĕкрен пирĕн çумма çыпăçнă çакăн йышши мĕскĕн туйăм — шухăшран хăтăлаймасăн — драматург пулас шанчăк çук. Кăна татсах каламалла. Чăн та, хальхи тапхăрта çĕр пуç çĕр тĕрлĕ шухăшланине куратпăр: пĕри унталла туртать, тепри — кунталла, сулăксем чуна илесçĕ. Анчах вăйлă этем (писатель «вăйлисен» шутĕнче пулмалла, ман шухăшпа) хăйĕн тĕп çулне çухатмастех, пачах урăхла: вăл пысăк чупĕпе, витĕр куçĕпе, хăйĕн таланчĕпе чылай чухне ырăпа усал сăлтавĕсене тарăнрах курать, çавăн çинчен шиклenмесĕр çырать, ĕççынни кусне уçать, хавхалантарать ăна.

Тепĕр шухăш. Конкурса килнĕ çĕнĕ япаласене вуланă хыççăн чăнах та хăшпĕр авторсем хăйсем «хăюллине» систересçĕ: пирĕн пурнăçри йывăрлăхсем... парти пула иккен. Ленин партийĕпе тĕрлĕ вăçери парти аппарачĕсенче ларакан функционерсене пăтраштарас-

тасчĕ пьесăсенче, мĕне е кама пула улшăнусем сахал паян?

Тата тепĕр шухăш. Эпир, писательсем, хамăр ĕçре социализмла реализмăн пĕр еврĕлĕ калăпĕшĕпе çеç уса курма хăнăхнă. Çав меслетĕн, ман шухăшпа, тĕрлĕрен майсем чылаях нумай. Эпир сахал уса куратпăр унпа. Калăпăр, Ф. Павлов хăйĕн «Ялта» драминче ун чухнехи чăваш пурнăçне тĕпе хурса çырнă. Çав сюжетпа çав характерсене çав калăппа калăпланă. Паянхи драматургăн «Ялта» е «Кушар» хыççăн пымасан та юрать. Пурнăçăмăр раснарах, çыннисем те расна. Çĕнĕ форма кирлĕ. Паянхи ларма-тăма пĕлмен çыннăн кăткăс тĕнчине тĕпрен уçма традициллĕ реализм хăш чухне пулăшмасть те пек туйăнать мана. «Чăн пурнăçпа» юнашар, калăпăр, символика та, «условнăç» та, «фантази вĕçевĕ» те — тем те, тем те кирлĕ пьеса çăмхаланă чух. Ун пек пьесăна вулама та, сцена çинче лартма та интереслĕ. Çамрăк драматург В. Туркай хăйĕн «Тараса» пьесинче çав мелпе уса курчĕ. Эпĕ те 60-мĕш çултах çырнă «Куккук çаплах авăтать» драмăна тĕрлĕрен меслетпе уса курса çырнăччĕ.

Çак шухăшсенех малалла аталантарса, тепĕр япала çинчен виç сăмах та пулин калас килет. Тен, ку та кирлĕ сăмах пулĕ. «Чăн пурнăç» тенĕрен... Мĕн тени пулать-ши вăл литературăра (пьесăра) кăтартса панă чăн пурнăç? «Ăса пула инкек» (А. Грибоедов) комедийĕ — ун чухнехи чăн пурнăç-и? «Ревизор» (Н. Гоголь) — чăн пурнăç-и? Н. Айзман çырнă «Кай-кай Ивана» мĕнле пек тата? В. Белинский çĕр аллă çул каялла каланă шухăша аса илер: икĕ е виçĕ çын кунĕпе тавлашса ларнине çырса парсан та икĕ сехетлĕх пьеса пулмасть. Пурнăçри пулăмсем литературăра тĕкĕр çинчи пек курăнмаççĕ — автор тĕрлĕ фактсене, çынсен шăписене, характерсене хăйне кирлĕ пек шĕкĕлчесе, сăварса пухать. Пурнăçри çĕр çынран литературăри пĕр сăнар тăвать. Кирлĕ маррине ялмест.

Çакна питĕ шута илесчĕ. Тепĕр автор хăш чухне кӳренсе калаçасшăн: «Эпĕ хампа чăн пулнине çырса кăтартрăм. Чăн пулнине! Эсир ĕненместĕр». Ĕненетпĕр пуль те... Ака пысăк тĕслĕх: Сталин саманинче тĕрлĕ лагерьсенче асапланнă кашни çыннăн шăпи тĕлĕнтерет, кулянтарать пире. Лагерьсенче тӳснĕ кашни çын пурнăçĕ — тамăк пулнă. Эпĕ те атте каласа панисене сывламасăр тăнлаттăмччĕ — хăрушă! Литературăра вара Солженицын, Рыбаков, Кузнецов çыриисене вуланă хыççăн çавăн йышши тата тепĕр кĕнекене алла тытсах килмест, ма тесен — паллă, ман ăсхакăлшăн çĕнни урăх çук.

Сăмах пурнăçпа литература хушшинчи çыхăну пирки пырать. Обществăри нумай-нумай кăткăс пулăм хушшинче çĕннине шыраса тупма пĕлсен çеç чăннипех сумлă япала çырма пулать пулĕ. Çын хыççăн каякана литературăра хисеп çук. Халĕ, калăпăр, вырăсла çырнă произведенисенче питлекен, трикешекен драматурги вăй илчĕ. Чăвашра та сисĕнет ку. Çитменлĕхсене çуратакансене çунтармалла! Ку питĕ тĕрĕс ĕç. Анчах çунтараканнисем камсем? Пур-и вĕсем паянхи пурнăçра? Паллах, пур. Хăюллисем, тĕрĕслĕхшĕн кĕрешекенсем, хăраманнисем пур-и? Пур. Çавсене мĕншĕн витĕмлĕрех çырса кăтартас мар? Мĕншĕн-ха вĕсем çĕнĕ пьесăсенче шуккан курăнасçĕ? Халăха хавхалантарма, çĕнĕ идейăсене чĕртсе яма пултаракан парти ретĕнчи чăнчăнах вăйлă коммунистсене, руководительсене те, паллах, пьесăсенче мĕншĕн тĕплĕн кăтартас мар? Вĕсем пăнтăх пурнăçа çапса салатаканнисемçке, чăннипе илсен.

Паянхи литературăра чăнчăн геройсем çитмеççĕ. Çĕнетӳ вĕсемсĕр пулаймасть. Ку ман шухăш.

Юлашкинчен конкурсри пьесăсен чĕлхи пирки виç сăмах. Чĕлхе — драматург хĕçпăшалĕ. Саккуппа кашни характерăн хăйне кăна тивĕç чĕлхи, пуплев çаврăнăшĕ, ытарлăхĕ, çепĕçлĕхĕ пулмалла. Кăна пурте пĕлетпĕр. Мĕншĕн тăрăшмастпăр-ши? Пывăр. Анчах турта хушшине тăтăмăр пулсан, туртас пулать, лавĕ йывăр; мĕн тăвайăн, урăх май çук.

Юлнă уйăхсенче тĕплесе ĕçленĕ чух эпĕ каланисене хăшĕ-пĕрисем шута илсен тем пекех савăнăттăм. Конкурс вĕçленсен çавра сĕтел хушшинче хайхи авторсемпе вĕсен пьесисем çинчен тĕплĕнреххĕн, уçăмлăраххăн юлташла калаçăпăр.

**Николай ТЕРЕНТЬЕВ,**
**Чăваш АССР Писательсен союзĕн правленийĕ çумĕнчи драма секцийĕн председателĕ.**

## ...пĕлнĕ

МАНИЛА, январĕн 16-мĕшĕ. (ТАСС). Филиппинра декабрĕн 1-мĕшĕнче Корасон Акино президента хирĕç çар переворочĕ тума хăтĕрленни çинчен Пĕрлешӳллĕ Штатсем малтанах пĕлнĕ. Палхав пуçланиччен малараx США ноябрĕн 27-мĕшĕнче Манилăра Кăнтăр Азири тата Кăнтăр-Хĕвелтухăç Азири çĕршывсен тĕп семинарне ирттерессине нимĕн йăлантарса тăмасăр пăрахăçланă. Семинарта уйрăмах хăруша наркотиксемпе уса курнине хирĕç кĕрешес ыйтăва пăхса тухмалла пулнă. Семинара Манилăра ирттерес вырăнне Бангкокра ирттернĕ. Сăлтавне тупнă Америкăри ĕçлĕ çынсем. США госдепартаменчĕ çĕршыв гражданĕсене Филиппина кайса çӳреме чарнă, тенĕ вĕсем.

Сакă та шухăшлаттарать. США гражданĕсене Филиппина кайса çӳреме К. Акино официаллă визитпа СШАра пулнă хыççăн тепĕр кунне чарнă. Анчах США госдепартаменчĕн çак решенийĕ çинчен Филиппинăн ют çĕршыв ĕçĕсен министерствине нимĕн те пĕлтермен.

## Куба посолне хирĕç

ПАНАМА, январĕн 15-мĕшĕ. (ТАСС). Иртнĕ вырсарникун Кубăн Панамăри посольствин çурчĕ патĕнче тискер ĕç пулса иртнĕ.

Америкăн Кубăн дипломати миссийĕн çуртне хупăрласа илнĕ подразделенийĕсем Кубăн посольство хапхинчен автомашинăсемпе тухакан посолĕпе виçĕ дипломатне тытса чарнă. Салтаксем вĕсен паспорчĕсене туртса илнĕ, автомобильсене ухтарма хăтланнă. Анчах вĕсене ухтарма ирĕк паман. СШАпа Куба посольствисем хушшинче икĕ сехете пынă калаçусем хыççăн кăна дипломатсене документĕсене каялла панă, контрольпе пропуск пункчĕ витĕр тухма ирĕк панă.

Америка çарĕсем Куба посольствине США декабрĕн 20-мĕшĕнче Панамăна тапăнса кĕнĕренпех хупăрласа тăраççĕ. Норьега генерал майлă темиçе çын Куба посольствинче хӳтлĕх тупни СШАна хытă тарăхтарать.

## Политикăллă лару-тăру йывăр

ПАРИЖ, январĕн 15-мĕшĕ. (ТАСС). «1939—1940 çулсемпе Сопротивлени тапхăрĕсĕр пуçне Францире коммунизма хирĕçлĕ кампани хальхи пек вăйланса ситни пĕрре те пулман», — тенĕ çĕршыври политикăллă лару-тăру пирки Францири коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн секретарĕ Гастон Плиссонье. «Юманите» хаçатра пичетлесе кăларнă статьяра вăл çапла çырать: социализмлă çĕршывсенче, уйрăммăн илсен, Румынире пулса тăнă йывăр лару-тăрупа уса курса, хальхи вăхăтра сылтăмри вăйсем компартие вăл сталинизм майлă тесе çĕнĕрен айăплама пуçларĕç.

ФКП Центральнăй Комитечĕн секретарĕн шухăшĕпе, Францире коммунизма хирĕçлĕ юхăм вăйланнин сăлтавĕ — «писăкхисене ытармалла» политикăна пула сылтăм [illegible] тухса тăнă [illegible] на пула суйлавсем ăнăçлă иртмеççĕ, правительствăна хӳтĕлекенсен йышĕ чакса пырать, партисен руководствисем пăлханса кайнă. Çакăн пек условисенче компарти политики тата унăн ĕçĕсем миллионшар çын чун-чĕрине шанăç çуратаççĕ. Шăпах çавăнпа пĕтерсе хурасшăн та ĕнтĕ компартие коммунизма хирĕçле вăйсем. Хăйсен ирсĕр ĕçĕнче вĕсем партин ăна пайлама тăрăшакан, французсене компарти тавра пĕтĕçме чарса тăракан хăшпĕр членĕсемпе уса кураççĕ.

## Хак каллех ӳснĕ

БУДАПЕШТ, январĕн 16-мĕшĕ. Будапештри магазинсенче апат-çимĕçлĕх нумай таварсен хакĕсем иртнĕ тунтикун каллех ӳснĕ. Урăх çĕршывсенчен сутăн илекен таварсен хакĕсем те, çав шутра сигарет, эрех-сăра хакĕ ӳснĕ.

Суту-илӳ представителĕсем пĕлтернĕ тăрăх, иртнĕ эрнере аш-какай хакĕ ӳснĕ май çывăх вăхăтрах аш-какай консервĕсем те хакланаççĕ.

(ТАСС).

## СШАна айăпланă

ЛОНДОН, январĕн 16-мĕшĕ. (ТАСС). Британи правительстви СШАна Вашингтонпа Европăри экономика пĕрлешĕвĕ хушшинче «суту-илӳ вăрçи» пуçласа янăшăн айăпланă. Çакă акă мĕнрен пуçланнă: Америкăн Великобританири базисенче вырнаçнă çар служащийĕсем — пурĕ 30 пин çынна яхăн — Британире туса илекен ĕне ашне çиме пăрахнă тата СШАран илсе килекен аш-какайпа çеç уса курма пуçланă.

Сăлтавĕ кунта чи малтанах Великобританире ĕне выльăх час-часах чирленипе тата вилнипе çыхăннă. Чире пула кунта 9 пине яхăн ĕне вилнĕ. Америка администрацийĕн официаллă представителĕ пĕлтернĕ тăрăх, «пирĕн çар служащийĕсем хăйсене çиме сĕнекен аш-какай пирки уйрăмах пăшăрханаççĕ». Çапах та Британи правительстви пĕр вĕçĕмсĕр çапла çирĕплетет: çĕршывра çирĕп контроль системипе уса кураççĕ, çавна май çынсем сиенленнĕ аш туяпма пултараймаççĕ, çар çыннисем те калăхах пăшăрханаççĕ. Каламасăрах паллă, Пĕрлешӳллĕ Штатсем хăйсен базисене Британире туса илекен ĕне ашне выльăх чирĕ сарăлнине пула мар, пачах урăх сăлтавпа уса курма чараççĕ, палăртнă Великобританин ялхуçалăх министерствин официаллă представителĕ. Америкăра туса илекен ĕне ашне Хĕвеланăç Европăра сутăн илессине палăрмаллах чакарнă хыççăн США хăйĕн çыннисене кунти аш-какайпа уса курма чарнă. Çакă вăл Вашингтонпа Европăри Экономика Пĕрлешĕвĕ хушшинчи «суту-илӳ вăрçин» тĕп сăлтавĕ пулса тăнă.

**«КОММУНИЗМ ЯЛАВНЕ» ОТВЕТЛЕÇÇĔ**

## «Вăрмар: паян тата ыран»

**Çак ятпа пĕлтĕрхи октябрĕн 11-мĕшĕнче тухнă статьяра Вăрмар поселокĕн аталанăвĕн çивĕч ыйтăвĕсене тĕрĕс çутатнă. Чăваш АССР Министрсен Совечĕн ларăвĕнче 1989 çулхи государство планне мĕнле пурнăçланине пăхса тухнă чухне район тата строительствăпа монтаж организацийĕсен руководителĕсене хытах ят тиврĕ.**

**Поселокăн социаллă сăн-сăпатне çĕнетсе лайăхлатас тĕллевпе 1990 çулта 1.296 вырăнлă вăтам шкул, 40 вырăнлă ача сачĕ тума пуçлаççĕ. Çуртсене шывпа тата ăшăпа тивĕçтерес ыйтăва татса памалла. Кунсăр пуçне, 105 хваттере газ кĕртме пăхнă. Котельнăйпа поликлиника тăвас ĕç малалла пырать.**

**Н. АЛЕКСЕЕВ,**
**Чăваш АССР Госпланĕн председателĕн заместителĕ.**

* * *

**Статьяра асăннă çитменлĕхсене пĕтерес тĕлĕшпе хăшпĕр ĕçсем туса ирттернĕ ĕнтĕ. Сăмахран, водопроводăн проектпа смета документацине хатĕрлесе çитернĕ. Строительство ĕçĕсене «Чувашстрой» территори строительство пĕрлешĕвĕ пурнăçлать. Канализаци системине хута ярас тесен, 1990 çулта 399 пин тенкĕлĕх строительствăпа монтаж ĕçĕсем пурнăçламалла.**

**Иртнĕ çул поселокра 123 хваттере тата 4 уйрăм çурта газ кĕртме май килчĕ. Ку ĕç малалла пырать. Пĕлтĕр «Урмарсчав» строительство организацийĕнче, çул йĕр юсакан управленире, сĕтел пукан фабрикинче ĕçлекенсем вуншар çемйи çĕнĕ хваттере кӳçрĕ.**

**Ю. СОКОЛОВ,**
**Вăрмар район Совечĕн ĕçтăвкомĕн председателĕн заместителĕ.**

# ПУСТАХСЕНЕ ПУСРАН ШĂЛСАН...

Красноармейски районĕнчи Упа — паллă ял. Кунти вăтам шкултан ученăйсемпе искусство ăстисем, партипе совет органĕсенче ĕçлекенсем, мухтава тивĕçлĕ çĕр ĕçченĕсемпе выльăх-чĕрлĕх пăхакансем йышлăн вĕренсе тухнă. Вĕсен кунçулĕпе шкулăн иккĕмĕш хутĕнче тирпейлĕ вырнаçтарнă стендсенчи материалсем паллаштараççĕ. Коридор вĕçĕнче — çар мухтавĕн залĕ. Унта Совет Çарĕн офицерĕсем тата интернационалист-воинсем çинчен каласа паракан стендсем пур.

— Упара вăтам шкула вĕренсе пĕтернĕ арçынсен тăххăрăшĕ 80-мĕш çулсенче интернационалла тивĕçе Афганистан Республикинче пурнăçланă. Вĕсенчен пĕри — Сĕнĕ Йĕкĕт ялĕнче çуралса ÿснĕ Валерий Капов — çар операцийĕнче паттăрлăх кăтартса пуçне хунă. Кăвар чĕреллĕ комсомолец ячĕпе халĕ вăл вĕреннĕ вăтам шкулти 6-мĕш класри пионер отрячĕ хисепленет. ВЛКСМ райкомĕпе районти спорткомитет Валерий Капова асăнса çулленех ирĕклĕ майпа кĕрешекенсен турнирне ирттереççĕ. Упире В. Капов ячĕпе хисепленекен комсомолецсемпе çамрăксен комплексĕ те пур. Çапла, манмаççĕ паттăр салтака ентешĕсем.

Интернационалла тивĕçе Афганистанра пурнăçланă кашни салтакпа офицер тенĕ пекех кунсерен хăрушă вилĕмпе куçа-куçăн тăнă. Çар операцийĕсене тÿрремĕнех хутшăннă воинсем чылай чухне хăйсен юнĕпе сăрт-тусене е унтан васкаса юхса анакан юханшывсене хĕретнĕ. Хăшĕсене вара Валерий Каповăнни пек шăпа кĕтнĕ.

Упи каччи Владимир Митрофанов гранатометчик Афганистанран 1989 çулхи январьте сывах таврăннă, темелле. Паллах, вăл та вăрçăра темиçе хутчен вилĕм умĕнче тăнă. Пирĕн ентеш службăри юлташĕсемпе пĕрле çар операцийĕсене вунпилĕк хутчен хутшăннă. Афганистан халăхĕсене интернационалла пулăшу панă. Çартан таврăнсан тепĕр темиçе кунтанах Владимир ял каччисемпе пĕрле В. Каповăн вилтăпри çине çитсе килнĕ. Кунта вăл каярахпа та темиçе хутчен пулнă.

Çартан таврăнсан, В. Митрофанов газокомпрессор станцине ĕçе вырнаçнă. Трубоукладчик профессине хăнăхнă май, Владимир тăван республикăн тĕрлĕ хулисемпе районĕсене çитет, хушнă ĕçе яланах тирпейлĕ те вăхăтра пурнăçлама тăрăшать. Пушă вăхăта вара Владимир пĕр-пĕччен пурăнакан асламăшне — 83 çулхи Анна Алексеевнăна пулăшать, хăй вĕреннĕ шкула та час-часах пырать. [illegible] Çар [illegible] руководителĕ В. Фролов пире каласа панă тăрăх, В. Митрофанов хăй тĕллĕнех [illegible] мероприятисем ирттерет, ачасене Тăван çĕршыва, Совет Çарне юратма, аслисене хисеплеме вĕрентет.

...Ноябрĕн 6-мĕшĕнче ир-ирех Красноармейски район больницине Упирен пĕр [illegible]

хине никама та тĕрĕссипе калаçа паман-ха. Тепĕр тесен ăна, Володя Митрофанова, темиçе сехет тăнне çухатса выртнă хыççăн калаçма та çăмăл пулман. Ырă çынсем вăхăтра çитмен пулсан, вăл пиртен ялан-ăхах уйрăлнă пулĕччĕ. Çапла, Афганистанра мар — тăван ялтах, вăрçăра мар — мирлĕ самана, тен, Аслă Октябрь праçникĕн кунхипе.

Шел пулин те, В. Митрофанов интернационалист-воин район больницинче асапланса выртнине эпир Упире тискер ĕç пулса иртнĕ хыççăн тепĕр уйăх иртсен тин пĕлтĕмĕр. Апла пулин те, Л. Копылова врач Володьăна операци тунă кунхи кашни минутнех лайăх астăвать.

## МОРАЛЬ ТЕМИПЕ

— Ман умра ни вилĕ, ни чĕрĕ çамрăк çын аран-аран тăратчĕ. Владимир Иванович Петров анестезиологпа пĕрле унăн сывлăхне пур енчен те тĕпчеме пуçларăмăр, — аса илет Людмила Ивановна. — Çав кунхинех васкавлă операци тумалла пулчĕ.

Врачсем, Митрофановăн пурнăçне çăлас тесе, ноябрĕн 6-мĕшĕнче çур кун ытла тăрăшнă. Тепĕр эрнере вĕсен ăна иккĕмĕш хут операци тума тивнĕ.

— Юрать-ха Володя вăйлă, чăтăмлă, çав вăхăтрах лăпкă каччă. Вăл хăйĕн пурнăçĕшĕн кĕрешнине пире те çăмăллăх кÿчĕ. Ун патне пĕрле ĕçлекен каччăсемпе хĕрсем тата тăванĕсем кашни кунах килсе çÿретчĕç. Вĕсем те ăна хавхалантарчĕç пулмалла. Эпир сăнанă тăрăх, Митрофанова хĕненĕ «паттăрсем» те килсе кайрĕç больницăна, — терĕ малалла Л. Копылова.

— Володя вĕсене каçарнă-ши? — интереслентĕмĕр эпир.

— Эпĕ çакна пĕлместĕп. Митрофанова иртнĕ эрнекун больницăран кăлартăмăр, килте сывалма хушрăмăр. Тепĕр тесен, ăна хĕнекенсене милици районти уйрăмĕнче те лайăх пĕлеççĕ.

Красноармейски районĕнчи милици уйрăмĕнче Ленин ячĕпе хисепленекен колхозра пулса иртнĕ хăрушă ĕçсем çинчен пĕлмен мар. Анчах та участокри милиционер Г. Николаев ларакан пÿлĕмри хĕрÿ калаçăва пĕр аслă лейтенант вĕçлеме васкатрĕ:

— Халлĕхе çав харкашу пирки калаçма та, çырма та кирлех мар. Тен, каярах, — терĕ вăл.

Мĕне пĕлтерчĕç-ши унăн сăмахĕсем, çакна ăнланса илеймерĕмĕр. Хулигансене ответ тыттармасăр хăварма юрать тенине мар-ши? Пусран шăлмалла, апла?

Упине эпир ВЛКСМ райкомĕн пĕрремĕш секретарĕпе В. Михайловăпа тата район больницин главнăй врачĕн заместителĕпе Н. Григорьевăпа пĕрле кайрăмăр. Колхоз кантурĕнче партком секретарĕпе В. Васильевăпа, ял Совет ĕçтăвкомĕн председателĕпе В. Сергеевăпа тĕл пултăмăр [illegible]

шаккаса çÿрекен «паттăр» арендаторсен хушамачĕсене те темиçе çын аса илчĕ: Борис Бардасовпа Александр Михайлов. Иккĕмĕшĕн ашшĕ — Владимир Михайлович Михайлов — вырăнти вăтам шкул учителĕ, КПСС членĕ. Эпир вăл юлашки урокран тухасса кĕтсе тăтăмăр, ăна хăйĕн ывăлĕ çинчен каласа пама ыйтрăмăр.

Михайловсем Упирен 1 — 2 çухрăмран кăнтăрарах вырнаçнă Ямурзин ялĕнче пурăнаççĕ. Ашшĕ та хăтлă йывăç çурт. Александр кунта ашшĕ-амăшĕпе пĕрле пурăннă. Учитель ывăлĕ пулин те, шкулта вăл никама та ырă тĕслĕх кăтартман, вĕренÿре ытларах «виççĕ» илекеннисен шутĕнче тăнă, обществăлла йĕркене час-часах пăснă. Ахальтен мар ĕнтĕ иккĕ çул каялла чăрсăр А. Михайлова ял Совечĕн ĕçтăвкомне чĕнтернĕ, хăйне малашне йĕркеллĕ тытма сĕннĕ. ДОСААФăн Вăрмарти автошкулне вĕренсе пĕтернĕ хыççăн Александр водитель правине илнĕ. Совет Çарĕнче машинăпа çÿренĕ.

А. Михайловпа калаçнă чухне эпир ăна темиçе ыйту патăмăр.

— Эсĕ, Саша, нихăçан та комсомола кĕмен-и? — ыйтрĕ ВЛКСМ райкомĕн пĕрремĕш секретарĕ.

— Сиччĕ çул каялла кĕнĕ-çке. Çартан таврăнсан, учета тăрас темерĕм, — терĕ çамрăк арендатор.

Манăн тÿрех унăн документĕсем пирки çуккине пĕлес килчĕ. Унччен те пулмасть — Александр пире хăйĕн учет карточкине тыттарчĕ.

— Саша, хăй вăхăтĕнче эсĕ Тăван çĕршывшăн усăллă çын пулма тупа туса комсомола кĕнĕ, халĕ вара кÿршĕ ялсем тăрăх çапăçса çÿретĕн. Ачу — педагог, коммунист, аппу те ырă кăмăллă хĕрарăм. Намăс мар-ши сана вĕсен умĕнче хуть? — чăтаймасăр ÿпкелешсе хыттăнрах каларăм халиччен пачах палламан тĕреклĕ, сивĕ куçлă, 22 çулхи каччăна.

Малтанлăха пуссăрланса тăракан А. Михайлов ашшĕ-амăшĕ умĕнче чăннипех те хăйне лайăх марри туйăнĕ пулмалла, пуçне усса, çапла каларĕ:

— Эпĕ ăна пачах кÿрентересшĕн марччĕ. Вăл алла килчĕ сулса янипех ÿкрĕ...

Халь, каллех В. Митрофанова патне таврăнар-ха. Эпир, ăна, вырăса, унăн юратнă асламăшĕ — А. Алексеева патне васкарăмăр. Колхозăн партком секретарĕпе ял Совет ĕçтăвкомĕн председателĕ пире «Володя шăпах унта пулмалла», тесе ĕнентерчĕç. Анчах та пире Анна Алексеевна [illegible] кĕтсе илчĕ. Вăрăм ĕмĕрĕпе темĕнле хура-шур та курнă кинемей, аллине вутă пуленкки тытнă [illegible]

хĕневе çĕре хутшăннă Б. Бардасов арендаторпа та тĕл пуласшăнччĕ эпир. Анчах упа курнăçма май килмерĕ. Апла пулин те халлĕхе çакна каласа хăварар: Красноармейскинче те, Ленин ячĕпе хисепленекен колхозра та райпо çумĕнчи хушма хуçалăхăн пысăках мар фермине тара илнĕ Б. Бардасовпа А. Михайлов çинчен никамран та пĕр ырă сăмах илтмерĕмĕр.

Обществăлла йĕркене пăсакансене (халлĕхе «паттăр» арендаторсене çапла калăпăр) хамăр хаçат урлă кăштах намăслантарма пăхнипе пĕрлех, эпир Ленин ячĕпе хисепленекен колхозра парти, профсоюз, комсомол организацийĕсем, культура учрежденийĕсем çителĕксĕр ĕçленине палăртса хăвармасăр иртсе те пултараймастпăр.

Çитсе курар-ха эпин конюхсен çуртне. Шкул çинчен пăхсан, вăл ялти пысăк пÿртех аса илтерет. Шала кĕрсен, тĕлĕнмеллипех тĕлĕнетĕн: сип-сивĕ голландка, пăрланнă чÿрече янаххисем, вăрăм сак, авалхи сĕтел — вĕсене курсан, чун çÿçенсе кайрĕ. Эрех ĕçсе супăннă арендаторсен ушкăнĕ тата вĕсене хÿтĕлекенсем, алăка хупса хурса, шăпах çакăнта ĕнтĕ Владимир Митрофанова «ăс панă». Вăл тăнне çухатсан та, Борис Бардасов, темиçе хутчен «афган, афган, çапла кирлĕ-ха сана!» тесе кăшкăрса, ун хырăмĕ çинче тăрса сикке савăннă.

Колхозра, уйрăмах Упи ялĕнче, обществăлла организацисем пуçарулăх кăтартса ĕçленĕ пулсан, паллах, çак тăрăхра çакăн пек çапăçусем сахалтарах, е пачах та пулман пулĕччĕç. Хăшпĕр çынсем каласа панă тăрăх, 70-мĕш çулсенче кунти ялсенче лару-тăру чылай лăпкăрах пулнă, никам та каçхине урама тухса çÿреме хăраман. Ун чухне 100 çамрăка яхăн пĕрлештерсе тăракан Ленин ячĕпе хисепленекен колхозри комсомол организацийĕ районта чи лайăххисенчен пĕри шутланнă. Халĕ вара организацире пурĕ те хĕрĕх иккĕн кăна. Вĕсем хушшинче темиçешер уйăх взнос укçи тÿлемен, обществăлла ĕçрен писнĕ çамрăксем йышлăн. Хуçалăхри комсомол организацийĕн секретарĕ С. Никитин çак обществăлла ĕçре 1988 çулхи декабрьтенпе. Пĕлтĕрхи октябрьте отчетпа суйлав пухăвне ирттерес тесе вăл колхоз кантурĕн хĕрлĕ кĕтесне аран-аран 21 çын пухнă. Çулталăкпе пĕрре пулакан çакăн пек пухăва колхоз председателĕ В. Вишнев та, партком секретарĕ В. Васильев та, КПСС райкомĕн представителĕсемпе комсомол райкомĕн секретарĕсем те хутшăнман.

Çамраксемпе татса памалли ыйтусем вара пайтах. Вĕсен шăпи профком председательне Ю. Васильева та интереслентерме пăрахнă. Юрий Александрович тахçанах ĕнтĕ профком ячĕпе колхозри физкультурниксемпе спортсменсем валли темиçе пин тенкĕ укçа уйăрма пулнă. Упи [illegible]

УКРАИНА ССРĔ. Кĕпе-тумтир моделĕсене туса хатĕрленине, кĕпе-тумтир çĕлесе хатĕр продукци сутнине пĕтĕмпех производствăна тытса пымалли автоматизацилене система контролleme пуçлать. Ăна Львоври «Весна» пĕрлешÿре йĕркелеççĕ. Договорпа килĕшÿллĕн Швейцарин «Интерпластика» фирма предприятире ку чухнехи техника вырнаçтарса лартас енĕпе ĕçлеме пуçланă.

Ку чухнехи программăпа ĕçлекен 200 ытла çĕвĕ машини вырнаçтарса лартаççĕ, сăнавсем тумалли тата кĕпе-тумтир касмалли участоксене пĕтĕмпех механизацилеççĕ.

Львоври çĕвĕçсен изделийĕсене шалти рынокра çеç мар, Польшăра, ФРГра, КНДРта, Италире те лайăх пĕлеççĕ.

Реконструкци хыççăн пĕрлешÿре продукци туса кăларасси çулталăкра 75 миллион тенкĕ çити ÿсет.

Ÿкерчĕк çинче: Львоври çĕвĕ çĕлекен «Весна» пĕрлешÿре туса хатĕрленĕ хĕрарăмсен кĕпин çĕнĕ моделĕ.

(ТАСС фотохроники).

Спорт — Спорт

## РСФСРта мала тухассишĕн

Хоккейла выляса Россия Федерацийĕнче мала тухассишĕн ирттерекен турнир пуçланнă. Унта промышленность предприятийĕсемпе учрежденисенчи физкультура коллективĕсен командисем хутшăнаççĕ. Вăтам Урал тăрăхĕнчи зонăна пирĕн республикăран икĕ коллектива — Шупашкарти «Тракторпа» «Волга» командисене кĕртнĕ.

Турнирти пĕрремĕш матчсене пирĕн командăсем килте ирттерне. «Трактор» малтан Свердловскри РТИ командипа тĕл пулнă, 2:6 шутпа выляса янă. Тепĕр кунне «Трактор» Серов хулинчи «Металлурга» йышăннă, ку хутĕнче площадка хуçисем ăнăçлăрах вылянă. 5:3 шутпа çĕнтернĕ.

«Волга» вара пачах урăхла — пĕрремĕш матчра «Металлурга» тĕл пулнă, ăна 5:2 шутпа парăнтарнă. Иккĕмĕш матчра В. И. Чапаев ячĕпе хисепленекен производство пĕрлешĕвĕн командипа РТИ командипа вылянă. Ку матч çивĕч кĕрешÿре иртнĕ, Свердловск хоккеистĕсем 2:1 шутпа çĕнтернĕ.

Çак вăйăсем хыççăн РТИ командин — 4, «Тракторпа» «Волгăн» иккишер очко. Çитес турта пирĕн командăсем — «Волгăпа» «Трактор» — пĕр-пĕринпе тĕл пулаççĕ.

П. КРЫСИН.

## Юр çинчи футбол

Хĕлле футболла выляса Шупашкарта мала тухассишĕн ирттерекен турнир малалла [illegible]

Çак ушкăнта халлĕхе «Текстильщик» малта, унăн икĕ тур хыççăн 3 очко, «Энергия», [illegible]

# ПĔЛТЕРӲСЕМ

## Чăваш республикинчи Шалти ĕçсен министерстви

çамрăксене Саратоври, Свердловскри юридически институтсене, Мускаври автомобиль çулĕсен институтне, СССР Шалти ĕçсен министерствин аслă тата вăтам вĕренÿ заведенийĕсене, СССР Шалти ĕçсен министерствин Аслă курсĕсене вĕренме ярать.

Горький, Киев, Омск, Рязань, Тюмень, Уфа хулисенчи аслă шкулсем, Волгоградри аслă пĕлÿ паракан следстви шкулĕ, пушар техникине вĕрентекен Ленинградри аслă шкул, ВЛКСМ 60 çул тултарнă ятпа хисепленекен аслă политучилище, СССР Шалти ĕçсен министерствин Аслă курсĕсем уголовнăй розыск, БХСС, следстви аппарачĕн, пушар хуралĕн работникĕсене, милици участоксенчи инспекторĕсене, ĕçпе юсанмалли учрежденисен начальникĕсене вĕрентсе хатĕрлеççĕ.

Воронеж, Брянск, Калининград, Орел, Мускав, Шупашкар хулисенчи милици ятарлă вăтам шкулĕсем, Владимир, Барнаул, Ростов хулисенчи СССР Шалти ĕçсен министерствин начсоставне хатĕрлекен ятарлă вăтам шкулĕсем, СССР Шалти ĕçсен министерствин Иванăври пушар техникин училищи госавтоинспекци, ĕçпе юсанмалли учреждени, пушар хуралĕн, уголовнăй розыск, администраци службин, ведомство тулашĕнчи хуралĕн работникĕсене, экспертсене вĕрентсе хатĕрлеççĕ.

СССР Шалти ĕçсен министерствин вĕренÿ заведенийĕсемпе юридически институчĕсене, Мускаври автомобиль çулĕсен институтне шалти ĕçсен органĕсен работникĕсене, савăн пекех çар службинчен таврăннă, вăтам пĕлÿ илнĕ, 30 çула çитмен, сывлăх тĕлĕшĕнчен çар службине тата вĕренĕвне юрăхлă граждансене (пушар техникин шкулĕсене тата училищĕсене Совет Çарне кайма хатĕрленекенсене те) йышăнаççĕ.

СССР Шалти ĕçсен министерствин Аслă курсĕсене 30 çула çитмен, аслă пĕлÿ илнĕ тата специальноçпа 1 çул çурăран кая мар ĕçленĕ граждансене йышăнаççĕ. Курссенче 10 уйăх вĕренмелле.

Новосибирск, Орджоникидзе, Пермь, Саратов хулисенчи командирсен аслă училищисене, ВЛКСМ 60 çул тултарнă ятпа хисепленекен Аслă политучилищĕне, СССР Шалти ĕçсен министерствин Харьковри аслă пĕлÿ паракан тылăн çар училищине 21 çултан çамрăкрах яшсене тата Совет Çарĕнчен таврăннă, 23 çултан çамрăкрах граждансене йышăнаççĕ. Училищĕсем СССР Шалти ĕçсен министерствин шалти çарĕсем валли офицерсене вĕрентсе хатĕрлеççĕ.

Мĕнле вĕренÿ заведенийĕнчен вĕренсе тухнине кура çамрăксене «милици лейтенанчĕ» е «шалти служба лейтенанчĕ» ятарлă звани, диплом тата кăкăр çине çакмалли значок параççĕ. Çар училищинчен вĕренсе тухакансем «Аслă çар пĕлĕвĕ илнĕ мотострелковăй çар офицерĕ, пуçламăш çар вĕренĕвĕн преподавателĕ» квалификацине илни çинчен диплома тивĕç пулаççĕ. Вĕсене «лейтенант» офицер званине параççĕ. Аслă шкулсемпе çар училищисенче 4 çул, вăтам вĕренÿ заведенийĕсенче 2 çултан пуçласа 3 çула çити вĕренмелле.

Вĕреннĕ вăхăтра шкулсемпе училищĕсен курсанчĕсене тÿлевсĕр апат çитереççĕ, тумлантараççĕ, общежитине пурăнма вырнаçтараççĕ, уйăхра 40 тенкĕ стипенди параççĕ.

Аслă шкулсене документсене июнĕн 10-мĕшĕччен, вăтам вĕренÿ заведенийĕсене — июлĕн 25-мĕшĕччен, çар училищисене майăн 10-мĕшĕччен йышăнаççĕ.

Вĕренме кĕмелли экзаменсем аслă шкулсенче тата çар училищисенче июль — август уйăхĕсенче, вăтам вĕренÿ заведенийĕсенче сентябрьте пулаççĕ.

Вĕренме кĕмелли условисем çинчен пурăнакан вырăнти шалти ĕçсен хулари тата районти пайĕсенче е Чăваш республикинчи Шалти ĕçсен министерствин кадрсен пайĕнче çак адреспа ыйтса пĕлмелле: 428000, г. Чебоксары, ул. К. Маркса, дом 41, кабинет 13, телефон 29-22-97.

...енчен тĕрлĕ хулисемпе районĕсене ситет. Хушăн ĕçе ялапах тирпейлĕ те вăхăтра пурнăçлама тăрăшать. Пушă вăхăта вара Владимир пĕр-пĕччен пурăнакан асламăшне — 89 сулхи Анна Алексеевнăна пулăшнă, хăй вĕреннĕ шкулта та час-часах пулнă. Сар... руководителĕ В. Фролов пире калаçса панă тăрăх, В. Митрофанов хăй тĕллĕнех тĕрлĕ мероприятисем ирттерет, ачасене Тăван çĕршыва, Совет Çарне юратма, аслисене хисеплеме вĕрентнĕ.

Ноябрĕн 6-мĕшĕнче ир-ирех Красноармейски район больницине Уипрен пĕр чирлĕ каччăна илсе килнĕ. Вăл дежурнăй врача Г. Трофимована йăнăшне хытă ыратни çинчен пĕлтернĕ. Галина Ивановна ирхине çичĕ сехетчченех Л. Копылова хирург патне шăнкăравлать. 21 сулхи каччă килте сĕрĕпе асапланни сиппен, вăл ларма та, выртма та пултараймани çинчен пĕлтерет. Кармалли куя иккенне пăхмасăр, Людмила Ивановна чирлĕ сынна пулăшу пама васкать. Унран мĕнле сăлтавсене пула амании пирки ыйтать, анчах та каччă вăл пр...

...кн каласма та, сырма та кирлех мар. Тен, капрах, — терĕ вăл.

Мĕне пĕлтерчĕç-ши унăн сăмахĕсем, çакна ăнланасах илеймерĕмĕр. Хулигансене ответ тыттармасăр хăварма юрать тесине мар-ши? Пусрап шăлмалла, апла?

Унпне анир ВЛКСМ райкомĕн пĕрремĕш секретарĕпе В. Михайловпа тата район больницин главнăй врачĕн заместителĕпе Н. Григорьевапа пĕрле кайрăмăр. Колхоз кантурĕнче партком секретарĕпе В. Васильевна, ял Совет ĕçтăвкомĕн председателĕпе В. Сергеевапа тĕл пултăмăр. Вĕсем пурте интернационалист-вояра камсем хĕнеппе лайăх пĕлесçĕ иккен. Икĕ хутлă кантурăн хăшпĕр пÿлĕмĕсенче, çавăн пекех вĕтам пикутта хăшпĕр сынсенчен В. Митрофанов сине камсен алли сĕкленме пултарни синчен ыйтсассăн, пурте, каласса татăлнă тейĕп: «Арендаторсем», — терĕç. Володьăна ăсла хĕненине те пĕлесçĕ — конюхсен пÿртĕнче.

— Упп урамĕсем тăрăх сапăçса е пĕччен пурăнакан ватă сынсен сурчĕсене касcерен

— Эпĕ ăна пачах кÿрентересшĕн марччĕ. Вăл алла кĕнт сулса янипех ÿкрĕ...

Хальь коллех В. Митрофанов патне таврăнар-ха. Эпир, йăпа, ыйраса, унăн юратнă асламăшĕ — А. Алексеева патне васкарăмăр. Колхозри партком секретарĕпе ял Совет ĕçтăвкомĕн председателĕ пиро «Володя шăпах унта пулмелле», тесе йĕнептерчĕç. Анчах та пирĕ Анна Алексеевна пĕр пĕччен кĕтсе илчĕ. Вĕрăм ăмăрĕнче темĕнле хура-шур та курнă карчăк, аллипе вутă пуленки тытнăскер, тÿрех хыпаланса ÿкрĕ.

— Ватлăхра та телей суксĕ. Юратнă мăпука, пĕчĕкрен сурма тăлăха, çартан чиперех кĕтсе илтĕм. малашне мана вăл пăхса пурăнать пуль тесе шутланăччĕ. Анчах та ăна йытта асаплантарнă пек хĕненĕ, тăшне сухатсан, пăрлă шывпа сапнă. Юрать-та сав касхипе Володьăна хамăр тăван Вячеслав Тимофеев киле илсе ситерме пултарнă. Мĕн айăпа кĕтĕмĕр-ши эпир? — куçĕсене тутăр вĕçĕпе шăла-шăла каларĕ ватă карчăк.

В. Митрофанова тискеррĕн ...арап 21 çын пухнă. Султалăкне пĕрре пулакан çакăн пек пухăва колхоз председателĕ В. Вишнеев та, партком секретарĕ В. Васильев та, КПСС райкомĕн представителĕсемпе комсомол райкомĕн секретарĕсем те хутшăнман.

Çамрăксемпĕн татса памалли ыйтусем вара пайтах. Вĕсен шăпи профком председательне Ю. Васильева та интереслентерме пăрахнă. Юрий Александрович тахçанах ĕнтĕ профком ĕçĕпе колхозри физкультурникемпе спортсменсем валли темиçе пин тенкĕ укçа уйăрма пулнă. Унăн сăмахĕсем сипне вĕсем: 1989 султа профсоюз организацийĕ спорт инвентарĕсем туяма пĕр тенкĕ те уйăрман: Колхозра юлашки вăхăтра пĕр спорт мероприятийĕ те йĕркелемен.

Куратпăр ĕнтĕ, Ленин ячĕпе хисепленекен колхоза сĕнетÿ ситмен-ха. Ниуншлĕ 1990 султа та çак колхозра йĕрке пулмĕ?

**П. СИДОРОВ,**
**хаçатăн ятарласа кайнă корреспонденчĕ.**

## *Кĕнеке çÿлĕкĕ*

### Музыка юратакансем валли

Çак кунсенче Чăваш кĕнеке издательствинче М. Г. Кондратьев искусствовед çырнă «Государственный ансамбль песни и танца Чувашской АССР» кĕнеке пичетленсе тухнă.

Автор кунта чăваш музыка искусствин пурнăçĕнче пĕрремĕш хут документлă никĕс çинче пирĕн республикăри чи ватă концерт коллективĕ мĕнле йĕркеленсе кайнин историне, ун аталану çулне сăнласа парать. Вăл халăх йăли-йĕркипе тачă çыхăнса ĕçленине палăртать.

Чăваш АССР патшалăх юрăпа ташă ансамблĕн кунçулне туллинрех уçса парас тесе, М. Г. Кондратьев тĕрлĕ çулсенче ку коллектив синчен пичетре çырнисемпе, уйрăм çынсен асаилĕвĕсемпе усă курать. Чăваш музыка искусствинче палăрса тăракан çынсен ĕçĕ-хĕлĕпе, шăпипе те паллаштарать. Тăван халăх музыкине малалла аталантарас енĕпе ансамбль пĕлтерешĕ пысăккине палăртать.

Кĕнеке тĕрлĕ тĕслĕ иллюстрацийпе пуян. Вăл музыка енĕпе ĕçлекен специалистсемшĕн çеç мар, чăваш наци культурипе, совет хор искусствипе интересленекенсемшĕн те интереслĕ пулĕ.

**Л. АФАНАСЬЕВА.**

### Иртнĕ пурнăç сăнлăхĕ

Чăваш халăхĕн иртнĕ пурнăçĕпе интересленекенсем нумай пулмасть Никифор Мранькан тепĕр хут пичетлесе кăларнă «Ĕмĕр сакки сарлака» романĕн пĕрремĕш томĕпе паллашнăччĕ. Çак кунсенче вулакансем романăн иккĕмĕш томне алла илчĕç. Унта—виççĕмĕшпе тăваттăмĕш кĕнекесем. Тиражĕ — 50 пин экземпляр.

### Тĕпчев институчĕ сĕннипе

1989 çулхи мартра чăвашсем Атăл тăрăхĕнчи халăхсен культурипе йăли-йĕркине тĕпчесе пĕлес енĕпе нумай ĕçленĕ В. К. Магницкий çуралнăранпа 150 çул ситнине аплăн паллă турĕç. Чăваш кĕнеке издательстви Магницкий пурнăçĕпе ĕçĕ-хĕлне тĕпченĕ статьясен пуххине «В. К. Магницкий — исследователь культуры и быта чувашей» ятпа пичетлесе кăларнă. Кунтах В. К. Магницкин «Этнографический очерк преступлений и проступков во 2-м (следственном) участке Чебоксарского уезда» статйи пур.

### Статьясен пуххи

«Вопросы традиционной культуры чувашей» кĕнеке те вулакансемшĕн, культура ыйтăвĕсемпе интересленекенсемшĕн, наукăшăн — паха парне. Унта Антон Салмин, Виталий Родионов тата ытти авторсен статйисем кĕнĕ.

**О. АЛЕКСЕЕВ.**

...коллективĕ ... Шупашкарти «Тракторпа» «Волга» командисене кĕртнĕ.

Турнирти пĕрремĕш матчсене пирĕн командăсем килте ирттерчĕ. «Трактор» малтан Свердловскри РТИ командипа тĕл пулнă, 2:6 шутпа выляса янă. Тепĕр кунне «Трактор» Серов хулинчи «Металлурга» ыйшăннă, ку хутĕнче площад... ...дапа выляне. Ку матч çивĕч кĕрешÿре иртнĕ. Свердловск хоккеистчĕсем 2:1 шутпа çĕнтернĕ.

Çак вăйăсем хыççăн РТИ командăн — 4, «Тракторпа» «Волгăн» иккшер очко. Çитес турта пирĕн командăсем — «Волгăпа» «Трактор» — пĕррипе тĕл пуласçĕ.

**П. КРЫСИН.**

# Юр çинчи футбол

Хĕлле футболла выляса Шупашкарта мала тухассишĕн ирттерекен турнир малалла пырать. Пĕрремĕш ушкăнри командăсем хушшинчи матчсем çапла вĕçленнĕ: «Энергия» — «Коммунальник» — 2:1, «Текстильщик» — «Звезда» — 3:3, «Сталь» (клуб команди) — «Трактор» — 0:1, «Рубин» — СКИФ — 3:0.

Çак ушкăнта халлĕхе «Текстильщик» малта, унăн икĕ тур хыççăн 3 очко. «Энергия», «Трактор», «Рубин» тата «Сталь» командăсен иккшер очко.

Иккĕмĕш ушкăнта «Водоканалпа» «Строитель» мала тухнă, вĕсен тăватшар очко.

**А. ПАВЛОВ.**

# Шашистсен «марафонĕ»

Çыру çÿретсе шашкăлла выляссипе Чăваш АССРĕн XIV чемпионачĕ вĕçленчĕ. Турнир тăхăр уйăха тăсăлчĕ, урăхла каласан, марафонецсен ăмăртăвне аса илтерчĕ.

Республика чемпионĕ ятне, 22 очко пухма май пур çĕртен 16 очко пухса, Сĕнтĕрвăрри районĕнчи СССР спорт мастерĕн кандидачĕ В. Афанасьев çĕнсе илчĕ. Иккĕмĕшпе виççĕмĕш вырăнсене Çĕнĕ Шупашкарти Г. Кузнецовпа Н. Трофимов йышăнчĕç. Вĕсен 14-шар очко.

Январь вĕçĕнчех республикăн XV чемпионачĕ пуçланать.

**Ю. КОЗЫРЕВ,**
**чемпионатăн главнăй судьи.**

# Тĕрлĕ ăмăртусенче

**УХĂРАН ПЕРЕССИ.** Çĕнĕ Шупашкарти манежра профсоюзсен Пĕтĕм Союзри ДФСО Центральнăй совечĕн парнисене çĕнсе илессишĕн 18 султан кĕçĕнрех ухăçсем ăмăртнă. Пысăк финалта пуринчен те нумайрах очко пухса, çĕнтерÿçĕсен ятне Тюмень облаçĕнчи Д. Карелинпа Тува автономиллĕ республикинчи Т. Клеева çĕнсе илнĕ.

Февраль пуçламăшĕнче Çĕнĕ Шупашкартах çĕршывăн хĕллехи чемпионачĕ пулса иртет.

**ИРĔКЛĔ МАЙПА КĔРЕШЕССИ.** Белоруссири Бобруйск хулинче çĕршыври Олимп резервĕсем хатĕрлекен училищĕсенче вĕренекенсен ăмăртăвĕсем вĕçленнĕ. Ирĕклĕ майпа кĕрешекенсен турнирне 25 командăри 200 ытла атлет хутшăннă. Пирĕн республикăри спортсменсенчен карнр сиче пĕртăван Вячеславпа Юрий Сенĕксем палăрнă. Хăйсен виçисенче вĕсем иккĕмĕш тата тăваттăмĕш вырăнсене йышăннă.

Ульяновскра вара çак кунсенче вунултă султан кĕçĕнрех атлетсем Пĕтĕм Российăри зонăри турнирта вăй виçнĕ. Чăваш çамрăкĕсенчен кунта Шупашкарти С. Вершининпа А. Убинов пысăк çитĕнÿ тунă: хăйсен виçисенче вĕсем иккĕшĕ те пĕрремĕш вырăна тухнă.

**Редактор А. П. КАЗАНОВ.**



## ÇАНТАЛĂК

Синоптиксем пĕлтернĕ тăрăх, паян кăнтăрла пирĕн республикăра пĕлĕтлĕ çанталăк пулать, юр çăвать, кăштах тăман вĕçтерет. Çил кăнтăр-хĕвелтухăçĕнчен çеккунтра 7—12 метр хăвăртлăхпа вĕрет. Сывлăш температури республикăра 6—11, Шупашкарта 8—10 градус сивĕ пулать.

Паян кун тăршшĕ 7 сехет те 45 минут. Хĕвел 16 сехет те 33 минутра анать.

## ТЕЛЕВИДЕНИ

**КĔСНЕРНИКУН, ЯНВАРĔН 18-МĔШĔ**

**ПĔРРЕМĔШ ПРОГРАММА**

6.30 — 120 минут.
8.35 — «Дубровский». Тăватă сериллĕ илемлĕ телефильм. 3 тата 4 серисем.
10.45 — Çурçĕр, Çĕпĕр тата Инçет Хĕвелтухăç халăхĕсен наци искусствин уявĕ. Хабаровскран.
11.15 — Мультфильм.
11.25 — Ача - пăча сехечĕ (акăлчанла).
12.25 — Коллаж.
12.30 — Вăхăт.
13.00 — «Сын тата закон».
15.30 — «Савраска». Ачасем валли илемлĕ телефильм.
16.35 — Интеграци.
17.05 — «Браво, Марин». БССР тава тивĕçлĕ артисчĕ М. Кулигина творчестви çинчен.
18.20 — Мультфильм.
18.30 — Вăхăт. ТСН.
19.00 — Вунултта тултарманнисем тата унтан аслăраххисем.
19.45 — Д. Верди. «Сила судьбы» опера валли çырнă увертюра.
19.55 — «Дубровский» Тăватă сериллĕ илемлĕ телефильм. 3 сери.
21.00 — Вăхăт. ТСН.
21.30 — Çивĕч ыйтупа иртнĕ каласу.
21.40 — «Мой Чайковский». И. Смоктуновский каласа парать.
23.45 — ТСН.

**ИККĔМĔШ ПРОГРАММА**

8.00 — Ирхи гимнастика.
8.15 — «Ноктюрн 1931 года». Наукăллă - популярлă фильм.
8.35 — 9.25 — Вĕренÿ передачисем.
9.25 — Документлă фильм.
9.45 — 11.05 — Вĕренÿ передачисем.
11.05 — Наукăллă - популярлă фильм.
11.35 — Вĕренÿ передачи.
12.05 — Киноальманах.
13.20 — Ритмикăллă гимнастика.
13.50 — «Крутой поворот». Илемлĕ телефильм.
15.05 — «Экзамен по истории». Документлă фильм.
17.00 — Республика кунĕ (Шуп.).
17.10 — «Силпи кĕввисем». Киноочерк (Шуп.).
17.30 — Республика кунĕ (Шуп.).
17.40 — Уголовный розыск пĕлтерет. (Шуп.).
17.55 — Советсен влаçĕ — халăх влаçĕ. РСФСР халăх депутачĕсен кандидачĕсемпе тĕл пулни (Шуп.).
18.25 — Пĕлтерÿсем (Шуп.).
18.30 — Вăхăт (сурдокуçарупа).
19.00 — Арена. Спорт программи. 1 пай.
19.20 — Баскетбол. СССР чемпионачĕ. Арçынсем. «Динамо» (Мускав) — «Калев» (Таллинн).
20.00 — Ырă каç пултăр, ачасем!
20.15 — Ритмикăллă гимнастика.
20.45 — Арена. 2 пай.
21.30 — «Моя жизнь». Илемлĕ телефильм. 2 тата 3 серисем.

## РАДИО

**КĔСНЕРНИКУН, ЯНВАРĔН 18-МĔШĔ**

6.15 — «Столица курьерĕ». Шупашкар сыннисем валли. 6.30 — «Вис минутсăр сур сехет». Информаципе публицистика программи. 6.55 — Пĕлтерÿсем. 7.00 — 7.15 — Мускав передачисем. 7.15 — 7.30 — Республика хаçачĕсене пăхса тухни. 16.30 — 17.30 — Мари халăх кĕвви (стерео). 18.00 — Çĕнĕ хыпарсем. 18.12 — Ачасем валли. Пирĕн пултарулăх. 18.25 — Республика хыпарĕсем. 18.35 — Г. Анчиков. Вариацисем. 19.00 — 19.45 — Мускав передачисем. 19.45 — Сăмахăм — парти çинчен. Радиопуху. 20.10 — П. Сăкус. «Тăхăр уйăх». Поэма. 20.30 — 20.45 — Рекламăпа пĕлтерÿсем.

## ТЕАТР

**К. В. ИВАНОВ ЯЧĔПЕ ХИСЕПЛЕНЕКЕН ЧĂВАШ ГОСУДАРСТВО АКАДЕМИ ДРАМА ТЕАТРĔ** — январĕн 18-мĕшĕнче «Саламби» пьеса, январĕн 19-мĕшĕнче «Амантнă чун» драма, январĕн 20-мĕшĕнче «Ашкăнчăк инкесем» комеди.

**РЕСПУБЛИКĂРИ ВЫРĂС ДРАМА ТЕАТРĔ** — январĕн 18-мĕшĕнче «Женский стол в «Охотничьем зале», январĕн 19-мĕшĕнче «Камерный» театр Лаврентия Берии», январĕн 20-мĕшĕнче «Зойкина квартира» фарс.

**ЧĂВАШ ÇАМРĂКĔСЕН ТЕАТРĔ** — январĕн 21-мĕшĕнче «Таркăн» мыскараллă инкек премьери, январĕн 22-мĕшĕнче «Юратма пĕлекенсем телейлĕ» лирикăллă драма премьери.

**ЧĂВАШ ГОСУДАРСТВО МУЗЫКА ТЕАТРĔ** — январĕн 18-мĕшĕнче «Трубадур» опера, январĕн 19-мĕшĕнче «Порги и Бесс» балет, январĕн 20-мĕшĕнче кăнтăрла «Зайка-зазнайка» юмах, касхине «Юратупа мыскара» оперетта.

Кăнтăрлахи спектакль 12 сехетре, касхисем 19 сехетре пуçланаççĕ.

## КИНО

**«СЕСПЕЛЬ»** — Кăвак зал: «Однажды в Америке» — 9.00, 15.00, 19.00; «Смиренное кладбище» — 13.00. Кĕрен зал: «В крайнем случае я тебе ничего не скажу» — 15.00; «Месть и закон» — 9.00, 12.00, 17.15, 20.10. Кинозал: «Приключения Квентина Дорварда, стрелка королевской гвардии» — 15.45, 18.00, 20.00.

КПСС Ленин райкомĕ, халăха йăла пулăшăвĕ паракан управлении юсавпа строительство коллективĕ КПСС членĕ, управлени начальникĕ

**Геннадий Софронович КАМАГИН**

вăхăтсăр вилсе кайнă пирки семйипе, тăванĕсемпе тата сывăх сыннисемпе пĕрле чĕререн хурланни çинчен пĕлтерессĕ.


ПИРĔН АДРЕС: 428019, г. ЧЕБОКСАРЫ, пр. ИВАНА ЯКОВЛЕВА, 13. ДОМ ПЕЧАТИ, III ЭТАЖ.

ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор — 21-00-67; редактор заместителĕсем — 21-04-17 тата 21-20-07; ответлă секретарь — 21-04-26; секретариат — 25-13-01; парти пурнăç пайĕ — 21-08-61 тата 25-13-24; идеологи пайĕ — 21-03-54 тата 25-13-18; промышленность, строительство тата транспорт пайĕ — 21-33-64, 25-13-04 тата 25-13-81; агропромышленность пайĕ — 21-08-62, 25-13-10, 25-13-05 тата 25-13-58; советсен ĕçĕпе социаллă пурнăç пайĕ — 21-03-04 тата 25-13-06; культура пайĕ — 21-08-56 тата 25-13-02; сырусемпе обществăлла корреспондентсен пайĕ — 21-05-21, 25-13-07 тата 29-76-22; информаципе спорт пайĕ — 21-22-31 тата 25-13-09; фотокорреспондент — 21-45-94; хамăр корреспондентсем — 3-24-91 (Канаш), 2-10-54 (Елчĕк), 4-34 (Етĕрне) тата 2-26-30 (Сĕнтĕрвăрри); издательство директорĕ — 21-00-23; пĕлтерÿсен пайĕ — 21-14-89 тата 29-76-89; «Вестник недели» редакцийĕ — 21-04-39; бухгалтери — 21-45-86; Чăваш АССР Журналистсен союзĕн правленийĕ — 25-13-83; хаçатăн обществăлла приемнăйĕ — 21-22-94.

Хаçат тунтикунсăр пуçне куллен тухать.

НТ 33015. Индекс газеты — 54800. Типография издательства Чувашского обкома КПСС, г. Чебоксары, пр. Ивана Яковлева, 13. Высокая печать, объем 2 печ. листа. Тираж 72.000 экз. Заказ № 244.